ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

ВКП(б) Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1952 çул Май 17 шăматкун № 97 (8749)

Хакĕ 20 пус. 35-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



# Çуллахи спорт сезонĕ

Пирĕн çĕршывра физкультурăпа спорт ĕçне вăйлатса пыма лайăх условисем туса панă. Совет правительстви çĕнĕ стадионсемпе спорт базисем тума, спорт ĕçĕсем вĕрентсе хатĕрлеме çулленех укçа-тенкĕ нумай парать. Физкультура организацийĕсем, партипе правительство пирĕн тăрăшнипе хавхаланса, хăйсен ĕçне лайăхлатсах пыраççĕ. Пирĕн çĕршывра иртнĕ 1951 çулта кăна пĕр миллион спортсмен-разрядник хатĕрленĕ, пĕтĕм тĕнчери рекордсем 30 ытла тунă, пĕтĕмĕшпе Совет Союзĕнче çĕнĕрен 430 рекорд тунă.

Физкультурăпа спорт ĕçĕ пирĕн республикăра та лайăхланса пырать. Ялсемпе çамрăксем Россия Федерацийĕнче мала тухас енĕпе иртнĕ çул иртерне спартакиадăра пĕрремĕш вырăн йышăнчĕç. «Колхозник» спорт обществин физкультура коллективĕсен çак кунсенче вĕçленнĕ смотрĕнче колхозсенчи физкультура коллективĕсем паха тĕслĕх кăтартрĕç. Чкаловски районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозри коллектива ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне, Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри физкультура коллективне—«Колхозник» спорт обществин Центральнăй Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне, Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозри физкультура коллективне — РСФСР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи физкультурăпа спорт ĕçĕсен комитечĕн куçса çÿрекен вымпелне панă.

Колхозсенчи çамрăксемпе комсомолецсем пуçарнипе çитес кунсенче республикăри велосипедистсен массăллă кроссĕ пулса иртет. Чылай колхозсенчи физкультура коллективĕсем спортсменсен пултарулăхне ÿстерсе пыма, спорт базисем йĕркелеме обязательствăсем йышăнчĕç. Республикăра физкультурăпа спорт занятийĕсене хутшăннисен йышĕ ÿссе, спортсменсен пултарулăхĕ лайăхланса пырать. Нумаях та пулмасть Елчĕк районĕнчи ялти учитель А. Игнатьев юлташ республикăра çĕнĕ рекорд турĕ. Вăл çурçи вылянипе пулнă ăмăртура 400 метра 48,8 секундра чупса тухнă, пĕрремĕш спорт разрячĕн нормине иртерсе тултарнă.

Республикăри хуласемпе ялсенче çăмăл атлетика кроссĕсем, волейболистсемпе баскетболистсен, чушкăлла выляканссен, футболистсен малтанхи тĕлпулăвĕсем пулса иртрĕç.

Çуллахи вăхăт—физкультурăпа спорт ĕçне халăхсен анлă массине хутшăнтармалли чи лайăх вăхăт. Кăçал Шупашкар, Улатăр, Канаш, Çĕмĕрле, Етĕрне, Çĕрпÿ, Сĕнтĕрвăрри хулисенче, Вăрмар, Йĕпреç, Вăрнар, Сĕнтĕр, Куславкка тата ытти районсенче республикăра мала тухассишĕн тĕрлĕ ăмăртусем пулса иртессĕ. Массăллă спорт ăмăртăвĕсем физкультурăпа спорт занятийĕсене çĕнĕрен çĕршер çынна хутшăнтарма, пултарулă спортсменсен йышне нумай ÿстерме пулăшĕç.

Çак çулла Çĕмĕрлепе Çĕрпÿ хулисенчи, çавăн пекех Вăрнар, Вăрмар, Хĕрлĕ Чутай, Чкалово, Комсомольски, Пăрачкав, Сĕнтĕр районĕсенчи стадионсене туса пĕтерсе ĕçе ямалла. Кунпа пĕрлех шыв станцийĕсем уçма уйăрса панă укçа-тенкĕпе те туллин усă курмалла. Фабрикăсемпе заводсенчи, колхозсемпе машина-трактор станцийĕсенчи, шкулсенчи çамрăксене спорт базисем йĕркелес тата çĕнĕ спорт площадкисем тăвас ĕçе анлăн хутшăнтармалла.

Физкультура занятийĕсене спорт базисемпе инвентарьсем çителĕклĕ пулсан çеç лайăх организацилеме пулать. Çапла пулин те Куславкка, Пăрачкав, Шупашкар, Шăмăршă, Тăвай, Етĕрне районĕсенчи чылай колхозсенче халĕ те спорт площадкисем çук-ха. Волейболла, баскетболла, чушкăлла вылямалли площадкăсем тума, сăмахран, укçа-тенкĕ те, ĕç вăйĕ те нумай кирлĕ мар. Комсомолпа физкультура организацийĕсен колхозсенче спорт сооруженийĕсем йĕркелес ĕçе активлăн хутшăнмалла.

Физкультурăпа спорт ĕçĕ анăçлă пырасси физкультура кадрĕсем—тренерсем, спорт судьисем, обществăллă инструкторсем çителĕклĕ пулнинчен те килет. Элĕк, Советски, Чурачăк, Красноармейски, Комсомольски районĕсенче ялсенче ĕçлеме обществăллă кадрсем хатĕрлессине хакламаççĕ. Çак районсенче республикăра иртгерекен семинарсенче вĕренме çынсем уйăрса яма та, общественник-тренерсен вĕренĕвне ытти майсемпе организацилеме те тăрăшмаççĕ.

Массăллă кадрсем хатĕрлес ĕçре колхозсенчи физкультура коллективĕсене ялти интеллигенци тата хуласенчи физкультура организацийĕсемпе шкулсем активлă пулăшма тивĕçлĕ. Хуласемпе район центрĕсенчи спорт обществисемпе физкультура организацийĕсен колхозсенчи физкультура коллективĕсене шефа илсе, ĕçре куллен пулăшса пымалла.

Хуласемпе ялсенчи культурăпа çутĕç учрежденийĕсем спорт ĕçне пропагандăлас енĕпе çителĕксĕр ĕçлессĕ. Фабрикăсемпе заводсенчи, колхозсенчи клубсен, ялсенчи вулав çуртĕсен физкультура организацийĕсемпе куллен çыхăну тытса ĕçлемелле, физкультурăпа спорт ĕçсыннисен сывлăхне çирĕплетме, хăюллă, пысăк тăвакан çынсем хатĕрлеме пулăшни çинчен ĕçсыннисене ăнлантарса памалла.

Пĕрлĕ спорт обществисем те чылайăшĕ çителĕклĕ ĕçлесе пымаççĕ-ха, физкультурăпа спорт ĕçĕсен республикăри комитечĕ вĕсен ĕçне çителĕксĕр тĕрĕслесе тăрать. Физкультурăпа спорт ĕçĕсен комитечĕн республикăра физкультура ĕçне лайăхлатассишĕн çине тăрса кĕрешмелле.

Çуллахи вăхăтра физкультурăпа спорт ĕçне тĕпренех вăйлатмалла, спорт занятийĕсене пиншер ĕçсыннисене хутшăнтармалла. Районсенчи партипе совет организацийĕсен физкультурăпа спорт ĕçне лайăхлатассишĕн куллен тăрăшмалла.

## Орденсемпе медальсем пани

Çак кунсенче Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ З. А. Андреева юлташ СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ тăрăх орденсемпе медальсем парса наградăланă çынсене наградăсем пачĕ.

*СССР Шалти ĕçсен министерствин органĕсенче чылай вăхăт хушши ĕçленĕшĕн* А. Д. Гришнячий, Ф. К. Копасовский, Ф. М. Маштаков, А. М. Михайлов тата В. К. Павлович юлташсене Хĕрлĕ ялав *орденĕ панă.*

Я. М. Александров, М. А. Алексеев, М. С. Аникин тата ыттисене пурĕ 20 çынна Хĕрлĕ Çăлтăр орденĕ, 44 çынна «Çапăçури тава тивĕçлĕ ĕçсемшĕн» *медаль панă.*

Правительство наградисене илме тивĕçлĕ пулнисене З. А. Андреева юлташ хĕрÿллĕ саламларĕ, ĕçре тата пысăкрах çитĕнÿсем тума ырă сунчĕ.

## Нумай çул ÿсекен курăксем акмалли плана тултарнă

ЧУРАЧĂК. Нумай çул ÿсекен курăксем пусă çаврăнăшĕсене йĕркелесе пырас тата обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăнине шута илсе, районти колхозсем кăçал курăксене кĕске вăхăтра тата лайăх пахалăхпа акса хăварма тăрăшрĕç. Майăн 10-мĕшĕ тĕлне районти колхозсем нумай çул ÿсекен курăксем акмалли плана иртерсе тултарчĕç. Курăксене пысăк лаптăксем çинче, сеялкăсемпе акса хăварнă.

Тăпра кĕрпеклĕхне аванлатса пырас шутпа нумай колхозсенче тимофеевкăпа клевера хутăштарса акнă.

Малта пыракан колхозсем, выльăх-чĕрлĕх валли çителĕклĕ апат туса илес тесе, пĕр çул ÿсекен курăксем, выльăх кăшманĕ тата силос тумалли культурăсем кирлĕ чухлĕ акрĕç. Сăмахран, «Прогресс» артель 10 гектар кăшман, 65 гектар викăпа сĕлĕ хутăштарса тата 12 гектар силос тумалли культурăсем акса хăварчĕ. Выльăх кăшманĕ, пĕр çул ÿсекен курăксем тата силос тумалли культурăсем акмалли плана Калинин ячĕпе тăракан, «Герой», «Труд», «Гигант» колхозсем иртерсе тултарчĕç.

Ялхуçалăх культурисене пăхса ÿстерес ĕçе механизацилес тесе, колхозсем выльăх кăшманне сеялкăсемпе сарлака ретсем туса акрĕç. «Прогресс» колхозра кăшман акнă чухне ретсене пĕрчĕлетнĕ суперфосфат сапнă.

Агроном В. ПРОКОПЬЕВ.

## Новаторсен чĕнĕвне ырлаççĕ

СĔНТĔР. Плавинкăри апат-çимĕç комбинатĕнче ĕçлекенсем Шупашкар хулинчи промышленноçпа транспорт предприятийĕсенчи новаторсем чĕнсе калана пысăк ... [illegible] ... Асла революци 35 çул тултарнă тĕле тултарма пулчĕç. Илнĕ обязательствăна чыслăн пурнăçлассишĕн социализмлă ăмăрту сарăлса пырать. Комбинат апрель уйăхĕнчи заданине иртерсе тултарчĕ. ... [illegible] ... мар тултараççĕ.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе ВКП(б) Чăваш обкомĕнче

## Тăвай районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем тата çул-йĕр работникĕсем 1952 çулхи çул-йĕр ĕçĕсен планне срокчен тултарассишĕн социализмлă ăмăртăва организацилесси çинчен Чăваш республикинчи мĕнпур колхозниксемпе çул-йĕр работникĕсене чĕнсе калани çинчен

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе ВКП(б) обкомĕн бюровĕ çапла йышăнчĕ:

Тăвай районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем тата çул-йĕр работникĕсем 1952 çулхи çул-йĕр ĕçĕсен планне срокчен тултарассишĕн социализмлă ăмăрту пуçарнине ырлас.

Райсовет исполкомĕсемпе ВКП(б) райкомĕсене Тăвай районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем тата çул-йĕр работникĕсем çул-йĕр строительстви тĕлĕшпе социализмлă ăмăртса ĕçлеме чĕнсе калана колхозниксемпе çул-йĕр хуçалăхĕнчи рабочисен пĕрлехи пухăвĕсенче сÿтсе явма, çул-йĕр строительствин çулталăк планне пур колхозсемпе çул-йĕр организацийĕсем тăрăх та срокчен тултарассишĕн социализмлă ăмăртăва сарма хушас.

Июнĕн 1-мĕшĕпе июлĕн 15-мĕшĕ хушшинче ялти халăха çул-йĕр строительствине массăллăн хутшăнтармалла тăвас.

ВКП(б) райкомĕсене çул-йĕр строительствинче ĕçлекен колхозниксемпе рабочисем хушшинче агитациллĕ-массăллă ĕçсем тумалли тата вĕсен культурăллă ыйтăвĕсене тивĕçтермелли план туса çирĕплетме хушас.

Республикăри тата районсенчи хаçат редакцийĕсене колхозсем, районсем, çул-йĕр участокĕсем тата машинăсемпе çул тăвакан станци 1952 çулхи çул-йĕр ĕçĕсен планне срокчен тултарассишĕн социализмлă ăмăртса ĕçленине куллен анлăн çутатма хушас.

«Коммунизм ялавĕ» хаçатпа «Советская Чувашия» хаçатра çул-йĕр строительстви тĕлĕшпе уйрăмах паха тĕслĕхсем кăтартнă районсене, колхозсене, машинăсемпе çул тăвакан станцисе тата çул-йĕр участокĕсене кĕртме Хисеп хăми тăвас.

## Лайăх çул-йĕрсемшĕн!

### *Чăваш республикинчи мĕнпур колхозниксемпе колхозницăсене тата çул-йĕр работникĕсене*

Хаклă юлташсем!

Совет халăхĕ Пĕтĕм Союзри Коммунистсен (большевиксен) партийĕ ертсе пынипе, аслă Сталин çул кăтартса пынипе коммунизм строительствине анăçлăн пурнăçласа пырать.

Иртнĕ çул пирĕн мирлĕ çĕршыв промышленноçра, ялхуçалăхĕнче тата транспортра çĕнĕ пысăк çитĕнÿсем турĕ. 1951 *çулта* ССР Союзĕнчи промышленность 1950 çулхипе танлаштарсан, 16 процент, 1940 çулхи шайран икĕ хут ытларах продукци туса кăларчĕ. Пĕтĕмĕшпе 7 миллиард та 400 миллион пăт тĕштырă туса илнĕ. Грузсем турттарасси чугун çул транспорчĕ тăрăх 12 процент, юханшыв транспорчĕ тăрăх—13 процент, автомобиль транспорчĕ тăрăх—20 процент ÿснĕ. Çĕршыври машинăсем тăвакан промышленность çулсерен çур миллион ытла автомобиль, çĕршер пин трактор, комбайн тата ытти машинăсем туса кăларать.

Промышленноçпа ялхуçалăхĕ хăвăрт аталанни, автотранспорт вĕçĕмсĕр ÿсни автомашинăсемпе хĕлĕн-çăвĕн тата кирек мĕнле çанталăкра та çÿреме юрăхлă чул сарнă тата ахаль çулсем ытларах тума хушать. Пирĕн республикăра автомобильсемпе тата лавсемпе нумай грузсем турттараççĕ. Çавăнпа пире чул сарса тунă паха çулсем уйрăмах кирлĕ.

1951 çулта пирĕн район чул сарса çул тумалли тата чул сарнă кивĕ *çулсене тĕпрен юсамалли плана 130* процент, кĕперсем тумалли тата киввисене юсамалли плана—170 процент тултарчĕ. Ялти вăйпитти халăха çул-йĕр ĕçне хутшăнтармалли плана 105 процент *тултарнă. Районта халăха çул-йĕр строительствине* хутшăнтармалли плана тултармав колхоз пулман.

Социализмлă ăмăртăва анлăн сарса тунă пĕлтĕрхи çитĕнÿсем пире кăçал тата тимлĕрех ĕçлеме, çулсемпе кĕперсене халăх хуçалăхĕн малта пыракан отраслĕсен шайне çитерме хушаççĕ.

Çавна тата хамăрăн пултарулăхсене шута илсе, эпир, Тăвай районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем тата çул-йĕр работникĕсем, 1952 çулхи çул-йĕр ĕçĕсен планне срокчен тултарассишĕн социализмлă ăмăртăва хутшăнса, çакăн пек конкретлă обязательствăсем йышăнатпăр:

Çулсемпе кĕперсем тумалли тата юсамалли çулталăкри плана 1952 çулхи июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарма пулатпăр.

Тăвайпа Канаш хушшинчи çула пĕтĕмĕшпех чул сарса тухатпăр. Çак тĕлĕшпе июлĕн 25-мĕшĕ тĕлне планран иртерсе пĕр километр тăршшĕ çул çине чул саратпăр.

Августăн 1-мĕшĕ тĕлне планран иртерсе пур ялсем хушшинче тата çулсем çинче çĕнĕ кĕперсем тăватпăр тата киввисене юсатпăр.

Ялти вăйпитти çынсене çул-йĕр строительствине хутшăнтармалли плана кашни колхоз тăрăх тултармалла тăватпăр.

*Çул-йĕр ĕçĕнче ĕç тухăçлăхне плана* палăртнинчен 10 процент ÿстеретпĕр.

Çул-йĕр ĕçĕсен хакне планпа палăртнинчен 5 процент йÿнететпĕр.

*Кĕперсем тунă тата юсанă çĕрте тимĕрпе* пăта 5 процентран кая мар перекетлетпĕр.

Пур ĕçе те пысăк пахалăхпа тăвăпăр, çулсемпе кĕперсене республикăри комисси «лайăх» паллăран кая мар хак памалла тăвассишĕн кĕрешĕпĕр.

Çулсем хĕррине пĕр километр тăршшĕнчен кая мар йывăççем лартса ÿстерме пулатпăр.

План тăрăх 621,3 пин тенкĕлĕх çул-йĕр ĕçĕ тумалла пулсан, 750 пин тенкĕлĕхрен кая мар ĕç тума сăмах паратпăр.

Тырă вырма тата государствăна тырă пама тытăниччен пур çулсемпе кĕперсене юсаса йĕркелеме, вĕсене пĕрмай кăтартуллă пăхса усрама пулатпăр.

*Эпир мĕнпур районсенчи колхозниксемпе* колхозницăсене, çул-йĕр работникĕсене, Чăваш республикинчи çул-йĕр участокĕсенче тата машинăсемпе çул тăвакан станцисе ĕçлекенсене 1952 çулхи çул-*йĕр ĕçĕсен планне срокчен тата пысăк* пахалăхпа тултарассишĕн социализмлă ăмăртăва хутшăнма чĕнсе калатпăр.

Чăваш республикин пĕтĕм территорийĕнче кăтартуллă çулсем тăвар, вĕсене пысăк пахалăхпа пăхса тăрар!

Сывă пултăр пирĕн социализмлă хăватлă Тăван çĕршыв!

Сывă пултăр Ленин—Сталин партийĕ, пирĕн çĕнтерÿсене хавхалантаракан тата организацилекенĕ!

Сывă пултăр пирĕн çулпуçăмăр тата учителĕмĕр Аслă Сталин!

**Тăвай районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсен тата çул-йĕр работникĕсен пĕрлехи пухăвĕсенче йышăннă.**

## Хĕрÿ ĕçре

ÇĔМĔРЛЕ. А. Захаров юлташ ертсе пыракан трактор бригади «Большевик» колхозра уй-хир ĕçĕсем пуçланиччен тислĕк кăларчĕ, кĕр калчисене апат пама минераллă удобренисем турттарчĕ.

Бригада колхозсене суракине анăçлă иртерме пулăшать, «Авангард» колхоза кĕске вăхăтра хĕреслĕ майпа çурхи тулă акса пачĕ. Çавăн пекех трактористсем сĕлĕпе вика акрĕç. Ĕç пахалăхĕ лайăх, халĕ ытти культурăсем акаççĕ. Бригада договорпа пăхниччен вунă гектар ытла акрĕ. Механизаторсем çĕрулми лартмалли лаптăка 25 сантиметр тарăнăш сухалаççĕ.

... [illegible] ... вăхăтрах горючи тата сĕрмелли материалсем нумай перекетлесе хăварать. Ытти трактористсем те анăçлă ĕçлеççĕ.

«Большевик» колхозра та механизаторсем пысăк ĕçсем туса иртерчĕç.

МТС-ăн участокри агрономĕ, Чăваш АССР Верховнăй Совет депутачĕ Л. Александрова юлташ бригадăна куллен ĕçре тимлĕн пулăшать.

Сталин юлташ умĕнче илнĕ обязательствăсемпе хавхаланса, трактор бригади ака-суха ĕçĕсене кĕске срокра тата лайăх иртерессишĕн тăрăшать, хăй ĕçлесе паракан колхозсенче кашни гектартан 100 ... [illegible] ... кĕрешет.

В. НАУМОВ.

## Уй-хирте ĕç тухăçлăхне куллен-кун ÿстерсе пырар!

ЧĂВАШ АССР-ĕнчи КОЛХОЗСЕНЧЕ ÇУРАКИ ĔÇЕСЕМ МЕНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН

### СВОДКА

Майăн 15-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| Районсем | Çуртри акни | Тулă | Пĕр çул ÿсекен курăксем | Тымар-çимĕçсем | Силос культурисем | Нумай çул ÿсекен курăксем | Кĕр калчисене апат пани |
|---|---|---|---|---|---|---|---|
| Чкаловски | 83,0 | 118,8 | 69,2 | 108,5 | 85,0 | 96,9 | 82,8 |
| Комсомольски | 79,9 | 112,2 | 65,1 | 107,0 | 89,4 | 146,6 | 77,7 |
| Красноармейски | 79,6 | 99,1 | 96,0 | 79,6 | 86,1 | 112,0 | 66,9 |
| Елчĕк | 78,2 | 105,0 | 63,4 | 85,0 | 73,4 | 139,5 | 79,1 |
| Чурачăк | 76,9 | 100,5 | 74,0 | 80,0 | 70,0 | 106,1 | 79,5 |
| Кувакино | 76,3 | 117,4 | 60,4 | 106,8 | 90,8 | 124,0 | 51,9 |
| Муркаш | 74,4 | 99,8 | 85,2 | 47,0 | 54,1 | 99,1 | 93,4 |
| Первомайски | 74,2 | 102,4 | 59,2 | 76,6 | 67,8 | 101,1 | 86,6 |
| Шăмăршă | 70,2 | 110,0 | 56,8 | 50,5 | 37,8 | 79,8 | 58,2 |
| Советски | 69,6 | 95,2 | 73,3 | 35,5 | 52,7 | 94,7 | 67,4 |
| Элĕк | 68,1 | 80,5 | 56,2 | 43,4 | 36,6 | 133,3 | 52,2 |
| Канаш | 68,0 | 111,5 | 60,0 | 68,5 | 63,3 | 121,0 | 64,7 |
| Вăрнар | 67,9 | 87,1 | 78,2 | 79,2 | 65,0 | 122,3 | 70,6 |
| Пăрачкав | 67,7 | 111,9 | 75,2 | 64,3 | 19,2 | 98,0 | 37,8 |
| Калинино | 67,5 | 89,5 | 91,4 | 49,6 | 56,3 | 82,7 | 62,5 |
| Йĕпреç | 65,7 | 103,1 | 58,8 | 70,5 | 50,6 | 132,4 | 61,1 |
| Етĕрне | 63,1 | 98,2 | 70,3 | 52,9 | 64,7 | 122,8 | 82,5 |
| Вăрмар | 63,0 | 100,1 | 62,0 | 54,8 | 65,5 | 100,1 | 70,0 |
| Улатăр | 60,3 | 97,5 | 33,1 | 54,6 | 55,4 | 100,0 | 57,4 |
| Çĕрпÿ | 59,6 | 81,8 | 80,0 | 37,2 | 76,4 | 83,0 | 108,2 |
| Сĕнтĕр | 59,4 | 96,8 | 60,6 | 13,4 | 37,0 | 147,8 | 69,2 |
| Çĕмĕрле | 59,2 | 98,6 | 57,6 | 46,6 | 73,3 | 63,0 | 78,6 |
| Шăхасан | 59,2 | 90,0 | 82,0 | 76,6 | 73,8 | 156,8 | 77,2 |
| Тăвай | 57,5 | 78,5 | 60,5 | 68,0 | 63,3 | 100,3 | 91,7 |
| Хĕрлĕ Чутай | 54,3 | 88,5 | 43,3 | 30,0 | 42,5 | 106,0 | 58,2 |
| Октябрьски | 53,6 | 77,0 | 47,6 | 21,1 | 52,3 | 143,8 | 93,5 |
| Сĕнтĕрвăрри | 50,3 | 93,0 | 44,8 | 23,8 | 34,6 | 119,2 | 91,8 |
| Куславкка | 49,5 | 100,3 | 30,3 | 21,6 | 24,4 | 69,0 | 100,0 |
| Ишлей | 48,6 | 78,5 | 63,1 | 42,5 | 36,1 | 100,1 | 113,7 |
| Шупашкар | 48,4 | 77,8 | 25,6 | 41,1 | 35,5 | 124,6 | 55,1 |

## Механизаторсен социализмлă ăмăртăвĕнче малта пыракансем

Чăваш АССР Ялхуçалăх министерстви пĕлтернĕ тăрăх, çурхи уй-хир ĕçĕсенче майăн 15-мĕшĕ тĕлне çак механизаторсем уйрăмах лайăх тĕслĕх кăтартнă:

### Вăрнар МТС-ĕ тăрăх

Тайдерпинов юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вăйлĕ тракторпа 105 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

Никитин юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вăйлĕ тракторпа 87 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

Çав бригадăсенчи Макаров тракторист 105 гектар, Павлов тракторист—100 гектар, Васильев тракторист—70 гектар, Павлов тракторист 68 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

### Первомайски МТС-ĕ тăрăх

Селиверстов юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вăйлĕ тракторпа 95 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

Корнилов юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вăйлĕ тракторпа 88 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

Çав бригадăсенчи Чамданов тракторист 127 гектар, Пыркин тракторист—120 гектар, Бородкин тракторист—107 гектар, Волков тракторист—100 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

### Сĕнтĕр МТС-ĕ тăрăх

Наумов юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вăйлĕ тракторпа 65 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

Ермолаев юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вăйлĕ тракторпа 80 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

### Çĕрпÿ МТС-ĕ тăрăх

Баранов юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вăйлĕ тракторпа 60 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

Степанов юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вăйлĕ тракторпа 59 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

Çав бригадăсенчи трактористсем Сергеев юлташ «ДТ-54» тракторпа 80 гектар, Лаврентьев юлташ—73 гектар, Соболев юлташ СХТЗ-НАТИ тракторпа—72 гектар, Зонтов юлташ 68 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

### Муркаш МТС-ĕ тăрăх

Орлов юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вăйлĕ тракторпа 89 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

Иванов юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вăйлĕ тракторпа 87 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

Çав бригадăсенчи трактористсем Григорьев, Н. Васильев юлташсем 104-шар гектар, Иванов, И. Васильев юлташсем 103-шер гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

## Агрономсем тăтăшах уй-хирте пулмалла

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. Малта пыракан колхозсем суракине хăвăрт тата лайăх иртерессишĕн мĕнпур тимлĕхпе тăрăшаççĕ. Акă, «День урожая» ялхуçалăх артелĕ тĕштырăсене пĕтĕмпех сеялкăсемпе акса пĕтерчĕ. Çурхи тулла 78 гектар çине ансăр ретлĕ майпа акнă.

Колхозра паха вăрлăх туса илес тĕлĕшпе тимлĕ ĕçлессĕ. Тулă, сĕлĕ, пăрçа, нумай çул ÿсекен курăксен тата ытти ялхуçалăх культурисен вăрлăх участокĕсене çителĕклĕ таран уйăрнă. Вăрлăх участокĕсенчи тырпула агротехника тĕлĕшĕнчен уйрăмах лайăх акса хăварнă.

Тăпра тухăçлăхне лайăхлатса пырас шутпа тата выльăх апачĕн никĕсне çирĕплетес тесе, 50 гектар çине клеверпа люцернăна тата тимофеевкăна пĕрле хутăштарса акнă. Выльăх кăшманĕ, силос тумалли культурăсем чылай пулаççĕ. Вĕсене те колхозниксем сеялкăпа акрĕç.

Колхозра тырпул тухăçлăхне ÿстермелли çĕнĕ майсемпе чылай усă курчĕç. Сăмахран, кĕрхи тулла çĕрĕк тăприпе апат панă, пăрçана йăлтах нитрагинпа хутăштарса акнă. Çĕрулмине 20 гектар çине тĕмĕн-тĕмĕн тăваткал майпа лартаççĕ.

Техникăллă культурăсем ытларах туса илессишĕн хытă тăрăшаççĕ. Пĕр çулхи кок-сагыз плантацине юсаса тухса кăпкалатса пĕтернĕ. Кăçал планпа пăхниччен 4 гектар ытларах акма паха кантăр вăрлăхĕ хатĕрленĕ.

Суракине анăçлă иртерме колхоза МТС-ăн 5-мĕш бригади аван пулăшать. Трактористсем ... [illegible] ...

— Сураки ĕçĕсем лайăх пахалăхпа пулса пыни,—тет Е. Васильев агрономом,—колхозниксем хĕллехи вăхăтра агротехника курсĕнче вĕреннинчен нумай килчĕ. Халĕ «День урожая» колхозра наука кăтартнине тĕрĕс пурнăçлассишĕн кĕрешеççĕ.

Анчах та районта агрономи наукине хакламан колхозсем те пур-ха. Вĕсенчен уйрăмах «Красный Четай», «Красное знамя», «Новая жизнь», «Свет», «Прожектор» тата ытти хăшпĕр колхозсене те палăртмалла. Малтан асăннă икĕ колхозра калчасене апат памаççĕ. Çав артельсенче ĕçлекен Ильин агроном выльăх кăшманĕ акассине те организацилемен. Участокри агроном Романова юлташ «Новая жизнь» артельте нумай çул ÿсекен курăксем акма васкаманнипе килĕшсе ларать. К. Трифонова агроном хăй ĕçлекен колхозсенче вăрлăхлăх акнă нумай çул ÿсекен курăксене апат партарма, участоксене çÿрелеттерме тăрăшмасть.

Агрономсенчен чылайăшĕ ответлăхлăха туйманни çакăнтан та аван курăнать: Ильин агроном сураки пуçланнăранпа та трактор бригадинче пулса курман. Çакăн çинчен трактор бригадин бригадирĕ М. Таланцева юлташ каласа пачĕ. Агроном хирте пулманни ĕçре хытă сисĕнет. Таланцева юлташ бригади ĕçлекен колхозра сухаланă хыççăн çийĕнчех акса пымаççĕ, тăпра чылайччен типсе выртать.

Колхоз председателĕсемпе агрономсен çаннашкал çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтермелле. Агрономсен сураки вăхăтĕнче тăтăшах уй-хир тата трактор бригадисенче пулмалла.

А. МИХАЙЛОВ.

*ПАРТИ ПУРНĂÇĔ*

# Коммунист ертсе пыракан бригадăра

Пăвашкелпе Шăхасан хушшинчи сĕрт тӳпине улăхса çитсессĕн, «Красная звезда» тата Молотов ячĕпе тăракан колхозсен уй-хирĕсем курăнаççĕ. Ешеректен ырăш пусăсен сумĕпе йĕпкĕм е хура-хăмăр участоксем, çак кунсенче акса пĕтерни сӳртырри пусăксем тăсăлса каяççĕ.

— Çак колхозсен уй-хирĕсенче ĕçлет ĕнтĕ Шемякин юлташăн бригади,—тĕллесе кăтартрĕ шофер.—Тавраари паллă бригада.

Трактор бригадин бригадирĕпе Петр Яковлевич Шемякин юлташпа хирте, икĕ сеялкăпа акакан трактор патĕнче тĕл пултăмăр. Унăн йăвашăн пăхакан куçĕсенче вăл чылайх ĕшенни сисĕнет, анчах бригадир ăна палăртасшăн мар. Колхоз председателĕпе П. Яковлев юлташпа пĕрле вĕсем участока тĕрĕслесе çаврăннă та тракторисчĕн ĕçĕ çинчен сӳтсе яваççĕ.

— Аван ĕçлессĕ, нимĕн калаламалли те çук,—терĕ Яковлев юлташ, инçетелле пăхса.—Çакăн пек тăрăшнăшăн механизаторсене тав тăватпăр.

— Лайăх ĕçлемесен мĕнле пултăрха?—кусран пăхса илчĕ Шемякин юлташ.—Аслă Сталин юлташ умĕнче обязательство йышăнтăмăр пулсан, чуна парса тăрăшмалла. Акă, Родионовпа Тимофеев тракторисчĕсем сирĕн колхозра, хăйсем ĕçлекен участоксенче, кашни гектар пуçне 18 центнертан кая мар тырă туса илме сăмах пачĕç. Ун чухлĕ тырă туса илесси вăйăн-шайăн ĕçленипе пулăмĕ, май килнĕ таран лайăххрах ĕçлемелле.

Шемякин юлташ—коммунист, сăпай кăмăллă çын, хăйĕн çинчен калама юратмасть. Анчах МТС-ра та, колхозра та опытлă бригадир çинчен тĕплĕн каласа кăтартаççĕ. Унăн бригадăна ертсе пырас ĕçĕнчи паллă енĕ вăл—механизаторсен кадрĕсене суйласа илме тата вĕрентсе ӳстерме пĕлни, сыншăн тăрăшни. Ку бригадăри тракторисчĕсем пурте—«Красная звезда» тата Молотов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем. Чылайăшĕ Шемякин юлташпа пĕрле 7—8-шар çул ĕçлессĕ.

— Хамăр ĕç çине пурте коммунистла ăнланулăхпа пăхатпăр, малтан малалла кайма тăрăшатпăр, çавăнпа бригадăн пĕтĕмĕшле ĕçĕ кал-кал пырать,—терĕ вăл.

1951 çулта бригада икĕ колхозра та кăçал çуркунне акмалли участоксене 100 процентĕнех кĕрхи сĕртме туса хăварнă, çулталăкри производство планне чылай ирттерсе тултарнă. Хăйĕн планне тултарманни бригадăра пĕр тракторист та пулман.

Трактор тата уй-хир бригадисен паянхи ĕçĕ çине пăхсан, чи малтан вĕсем çуракине пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе тухни, ĕçе тĕрĕс организацилеме пĕлни, пĕр-пĕрин хушшинче ĕçри туслăх çирĕпленни курăнать.

...Вăхăт сутăлас енне сулăннă, анчах «Красная звезда» колхоз уй-хирĕнче кăнтăрлахи пекех хĕрӳ ĕç пырать. Пĕр участокĕ çинче культиваци тăваççĕ, теприн çинче И. Родионов тракторист икĕ сеялкăллă агрегатпа сĕлĕ акать. Хĕрсем автомашинăпа вăрлăх турттараççĕ, вĕсем усă сасăпа шăрантарса юрлани инçете янăраса каять. Икĕ çамрăк вăрлăх миххисене хăйсен умне лартнă те, трактор килсе çитессе кĕтеççĕ. Трактора чарса тăмалла мар, вăл ăна вĕсĕмчен çаврăнса кайнă самантра сеялкăсем çине вăрлăх пырса хумалла. Родионов юлташ чарăнса тăмарĕ, акакансем вăрлăх миххисене йышăнчĕç те, трактор малалла хăвартăн кайрĕ.

— Вăт ĕçлет те,—илтĕнчĕ пĕр сасă,—смена пуçланиăранпа пĕрре чарăнмарĕ вĕт.

Çапла ĕçлессĕ кунта кăнтăрла та, каçхине те. Бригадăн икĕ колхозра 600 гектар культиваци тумалла, çавăн чухлĕ акмалла. Ĕç планĕ тăрăх, пĕрчĕллĕ тата пăрса йышши культурăсене 7 кун хушшинче акса пĕтерме палăртнă. Пĕр ерне хушши тракторсене икĕ сменăпа ĕçлеттерчĕç, культиваци тумалли тата акмалли нормăна 110—120 процент тултарса пычĕç. 8-мĕш кун ирхине бригадир хăйĕн бригади çураки планне тултарни çинчен сводка пачĕ.

Тепĕр кунне Шемякин юлташ патне МТС директорĕпе районти ялхуçалăх пайĕн главнăй агрономĕ çитрĕç, хастарлă тракторисчĕсене пирвайхи çитĕнӳпе ăшшăн саламларĕç.

— Тракторсем мĕнле?— ыйтрĕ директор.

— Пурте тĕрĕс-тĕкĕл,—ответлерĕ бригадир.—Тĕплĕн тĕрĕслесе пăхас та, сĕртме сухине пуçăнас. Халĕ пикенсен майăн 20-мĕшĕ тĕлне сухаласа пĕтерме шанăç пур.

— Аван шухăш, анчах сирĕн бригадăри дизель трактора «Алга» колхоза куçарма тивет. Унсăрăн эпир вăл колхозпа тунă договора вăхăтра пурнăçлама пултараймастпăр, Тукаев юлташăн бригади хăй пĕччен вăй çитереймест, ăна пулăшас пулать.

— Эх, Тукаев, Тукаев,—пĕрре хĕрхеннĕ, тепре кӳреннĕ пек каларĕ бригадир.—Иртнĕ çулта та начар ĕçлерĕр. Эпир кĕрхи сĕртме тунă чухне пăхса лартăр, кăçал каллех сире пулăшма тиврĕ-им?

Каç кӳлĕм пĕр тăван Акчурин тракторисчĕсем, дизель трактортан икĕ сеялка кăкарчĕç те, «Алга» колхоза тухса кайрĕç. Пĕр колхозра кăна мар, пĕтĕм районĕпе çураки планне вăхăтра тултарма пулăшмалла.

Çав кунах Д. Соколовпа А. Любимов тракторисчĕсем хăйсен тракторĕпе «Нива» колхоза С. Алексеев юлташăн бригадине пулăшма васкаса кайрĕç.

— Хамăр колхозра лайăх ĕçлерĕр, ахальтен мар колхозниксем те тав тăваççĕ. Ытти колхозсене çитсессĕн те лайăх тĕслĕх кăтартма тăрăшăр,—ăсатрĕ хăйĕн юлташĕсене бригадир.

— Бригада ятне ярас марччĕ, Петр Яковлевич,—ответлерĕç тракторисчĕсем,—Кунти пекех кашни минутпа усă курма тăрăшăпăр.

Çапла ĕçлессĕ коммунист ертсе пыракан бригадăри тракторисчĕсем. Çапла кĕрешессĕ вăйлă тырпулшăн хăйсен ĕçне парăннă хастарлă механизаторсем.

Н. ВОЛКОВ.

Комсомольски районĕ.

*Совет Çарĕнчен килнĕ çырусем*

## Республика ӳсĕмĕсемпе савăнатпăр

Эпир, совет воинĕсем, пушă вăхăтсене хаçат-журнал вуласа ирттеретпĕр. Ытти хаçат-журналсемсĕр пуçне эпир, чăвашсем, «Коммунизм ялавĕ» хаçата та вулатпăр. Вăл пире республикăри ĕçсемпе паллаштарса пырать.

Акă, апрелĕн 18-мĕшĕнче унта «Аслă Ятман колхозсенче» ятлă статья пичетленнĕ. Эпир хамăр земляксен, Етĕрне районĕнчи «Большевик» тата Мичурин ячĕпе тăракан колхозсен членĕсен ĕçĕсем çинчен вуларăмăр. Манăн юлташ Василий Сергеев Мичурин ячĕпе тăракан колхозри Белов комсомолец бригади пур енĕпе те малта пыни çинчен пĕлчĕ. Белов—Сергеевăн юлташĕ. Çавăнпа вăл вуланă хыççăн Белова саламласа çыру çырчĕ.

Çавăн пекех ытти юлташсем те хăйсен колхозĕсенчи юлташĕсем патне саламлă çырусем чылай çыраççĕ.

Колхозсен çитĕнĕвĕсемпе паллашни пире вĕренӳре пысăк çитĕнӳсем тума хавхалантарать.

В. ЯТРУЩЕВ.

## Тăван ялтан çыру килсен

Общежитине почтальон килсе кĕчĕ. Яланхи пекех вăл хаçат-журнал тата çырусем нумай илсе килчĕ. Çырусене çийĕнчех салтаксене валеçсе пама тытăнчĕ.

— Сире те çыру пур, Иванов юлташ,—терĕ вăл мана кăвак конвертлă çыру тыттарса.

Çырăва П. Андрианов юлташ çырса янă. Вăл Шăхасан районĕнчи Улкас Кипек ялĕнче учительте ĕçлет. Нумай вăхăт эпĕ унăн çырăвĕсене. Халĕ вăл шкул коллективĕ тата колхозниксем мĕн уявне кĕтсе илни çинчен пĕлтерет.

— Пирĕн çичĕ çул вĕренмелли шкул уява чаплă ӳсĕмсемпе кĕтсе илчĕ. Вĕренӳре пурте ĕлкĕрсе пыраççĕ. Колхоз çуракине тухма лайăх хатĕрленчĕ. Колхозниксем кăçал вихахинчен те вăйлă тырпул ӳстерме ĕмĕтленеççĕ...

Андрианов юлташ колхозри ĕçсем çинчен тĕплĕ çырса пĕлтернĕ. Çырăва эпĕ хамăн юлташсемпе пĕрле вуларăм. Юлташсем интересленсе итлерĕç.

И. ИВАНОВ.

## Хаçат вуланă хыççăн

Эпир, N-ски часри чăвашсем, канмă вăхăтра тăван чĕлхепе çырнă хаçатсемпе журналсене вулатпăр, республикăра пулса иртекен ĕçсене лайăх пĕлсе тăратпăр. Тăван Чăваш республики аталанса пыни пире, совет воинĕсене, тата лайăххăн вĕренме хавхалантарать.

Эпир, совет воинĕсем, мирлĕ пурнăçшăн кĕрешекен халăх интересĕсене çирĕп сыхласа тăратпăр. Эпир хамăр республикăри ялхуçалăх ĕçченĕсене çуракине кĕске срокра тата пысăк пахалăхпа ирттерме, Сталин юлташ умĕнче илнĕ обязательствăсене чыслă пурнăçлама ырă сунатпăр. Кунпа пĕрлех эпир промышленноçри работниксене çулталăкри производство планне срокчен тултарассишĕн ăмăртăва вăйлатса пыма чĕнетпĕр.

А. ПАВЛОВ.

Пурçăн хурчĕ ĕрчетес ĕçре малта пыракансем.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ (сулахайран сылтăмалла): М. П. Петров—Çĕрпӳ районĕнчи «Родина» колхозран, И. П. Потапов—Советски районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозран, Р. Т. Герасимова—Красноармейски районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхозран, Г. Т. Бычков—Советски районĕнче пурçăн хурчĕ ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекен агроном, Е. П. Павлова—Çĕрпӳ районĕнчи Чапаев ячĕпе тăракан колхозран, Т. М. Матвеев—Элĕк районĕнче пурçăн хурчĕ ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекен агроном, А. А. Александрова—Красноармейски районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхоз агротехникĕ, С. К. Столярова—Сĕнтĕр районĕнчи «Ленинский путь» колхозран.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Пурçăн тăвакансен канашлăвĕ

Майăн 13-мĕшĕнче Шупашкарта Чăваш тата Мари республикисенче пурçăн тăвас тĕлĕшпе малта пыракансен канашлăвĕ пулса иртрĕ.

Канашлу пурçăн тăвас тĕлĕшпе 1951 çулăн итогĕсем тата кăçалхи задачăсем çинчен доклад итлесе сӳтсе яврĕ. Ку ыйтупа пурçăн тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен республикăри кантур управляющийĕ Н. Кондаков юлташ доклад туса пачĕ.

Иртнĕ çулта Чăваш тата Мари республикисенче 36 колхозра пурçăн хурчĕ ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçленĕ. Çак колхозсем государствăна пурçăн коконĕ хатĕрлесе памалли плана чылай ирттерсе тултарнă. Пирĕн республикăри колхозсем пурĕ 6.715 килограмм пурçăн коконĕ пухса государство планне 447 процент, Мари республикинчи колхозсем 145 процент тултарнă.

Юлашки çулсенче пирĕн республикăри специалистсем вырăнти условире лайăх хунаса пысăк тупăш паракан пурçăн хурчĕсем ĕрчетес тĕлĕшпе паха çитĕнӳ тунă.

Сĕнтĕр районĕнчи «Красный богатырь» колхозри О. Столярова юлташ ертсе пыракан звено пĕр килограмм гренăран 322 килограмм кокон пухса илнĕ. Муркаш районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз государствăна пурçăн коконĕ хатĕрлесе парса 18 пин тенкĕ тупăш илнĕ. Çак районти Энгельс ячĕпе, Çĕрпӳ районĕнчи Чапаев ячĕпе, Красноармейски районĕнчи Мичурин ячĕпе, Элĕк районĕнчи «Правда», «Дружба» тата ытти чылай колхозсем пурçăн хурчĕ ĕрчетмелли плана ирттерсе тултарнă, вуншар пин тенкĕ тупăш илнĕ. Çакăн пек паха çитĕнӳсем Мари республикинчи колхозсенче те сахал мар.

Пурçăн хурчĕ ĕрчетес тĕлĕшпе малта пыракансен опычĕ пирĕн колхозсем кутĕлĕшпе тата пысăк çитĕнӳсем тума май пуррине уççăн кăтартса парать. Кăçал Чăваш тата Мари республикисенчи пурçăн тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен колхозсен кашни килограмм гренăран 300—400 килограмран кая мар кокон пухса илессишĕн кĕрешессĕ.

Докладчик пурçăн хурчĕ ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекен колхозсем умĕнче тăракан задачăсем çинче тĕплĕ чарăнса тăчĕ.

Ун хыççăн Пĕтĕм Союзри В. И. Ленин ячĕпе тăракан ялхуçалăх академийĕн ученăй секретарĕ, ялхуçалăх наукисен кандидачĕ М. Павельева юлташ доклад туса пачĕ. Вăл колхозсенче пурçăн хурчĕ ĕрчетес ĕçри çĕнĕ мероприятисем çинчен тата çав мероприятисене пурнăçа кĕртсе пымалли майсем çинчен каларĕ.

Докладсем тăрăх пренире Муркаш районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхозри звеньевой Анисимов, Сĕнтĕр районĕнчи «Красный богатырь» колхозран Столярова, Красноармейски районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхозран Григорьев тата ыттисем те хăйсен ĕç опычĕсемпе паллаштарчĕç.

Канашлура пулнисем колхозсенче пурçăн хурчĕ ĕрчетес ĕçе вăйлатас тĕлĕшпе тумалли мероприятисене палăртрĕç. Канашлу кăçал кашни килограмм гренăран 300 килограмран кая мар пурçăн коконĕ пухса илме пулса социализмла обязательствăсем йышăнчĕ, Белорус ССР-ĕнчи Пинск облаçĕнчи пурçăн тăвакансене ăмăртăва чĕнчĕ.

Юлашкинчен Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕн заместителĕ И. Лаптенков юлташ пурçăн тăвас тĕлĕшпе малта пыракансене «СССР социализмлă ялхуçалăхĕн отличникĕ» значоксем пачĕ. Çак наградăна пирĕн республикăран 10 çын, Мари республикинчен 3 çын илме тивĕçлĕ пулнă.

## Вĕренӳ хуçалăхĕнче

ÇĔРПӲ. Ялхуçалăх техникумĕн вĕренӳ хуçалăхĕнче çуркуннехи хĕрӳллĕ ĕçсем пыраççĕ. Ир акакан çуртырлисене пĕтĕмпех акса пĕтернĕ. Акиччен вăрлăхсене яровизациленĕ. Çĕре удобренисемпе çемçетнĕ. Çĕрулми вăрлăхне те сортласа яровизациleме хунă. Вĕренӳ хуçалăхĕнче çуракине ирттерес ĕçе техникумăн III-мĕш курсĕнче вĕренекенсем хастарлăн хутшăнчĕç.

Техникум хуçалăхĕнче пысăк парник пур. Вăл ӳссех пырать. Кăçал 300 рамăна çитерчĕç. Кунтах пĕр теплица пур. Парниксенче тата теплицăра юр кайса пĕтиччене купăста, помидор, редиска шăтса тухрĕç. Халĕ вĕсене куçарса лартрĕç.

Çĕнĕ сад тăвас тĕлĕшпе те нумай ĕçсем туса ирттерчĕç.

Техникум хуçалăхĕнче тата çĕнĕ вăрман тăрăхĕсем лартса ӳстерессĕ. Кăçал пурĕ 2.500 юман, 1.250 тĕп шĕшкĕ тата 1.250 вĕрене лартса хăварчĕç.

М. ПАВЛОВ.

## Пысăк операци

Март уйăхĕнче Шупашкарти больницăна нумай çул хушши питĕ йывăр чирлесе пурăннă А. Демидов юлташа илсе килнĕ.

Стационарта чылайччен тĕпчесе пăхнă хыççăн унăн ӳпке ракпа чирленине палăртнă. А. Демидова республикăри онкологи диспансерне хунă. Вăхăтра тивĕçлĕ пулăшу памасан, çын вилме пултарнă. Рак чирĕ хăвăрт сарăлса пынă.

П. Ермолаев хирург сылăн хăвăр клеткине уçса рак чирĕпе чирленĕ сулахай ӳпкине касса илнĕ. Çакăн пек операцие халлĕхе Мускаври тата Ленинградри пысăк клиникăсенче кăна тунă. Чăваш республикинчи больницăсенче çакăн пек пысăк операци—ӳпкене касса кăларни пулман.

Ермолаев хирург тунă йывăр та кăткăс операци ăнăçлă иртнĕ. Демидов юлташ сывлăхĕ хăвăрт юсанса пырать. Нумай пулмасть Ермолаев хирург ӳпке ракĕпе чирленĕ Н. Михайлов юлташа операци тунă. Иккĕмĕш операци те малтанхи пекех ăнăçлă иртнĕ.

## Спектакль куракансен конференцийĕ

Майăн 4—10-мĕшĕсенче республикăри çамрăксен театрĕ, çамрăксен театрĕсен Пĕтĕм Союзри смотрне хутшăнса, хăйĕнчи лайăх постановкисене кăтартрĕ. Çав постановкăсене хулари шкулсемпе техникумсенче вĕренекен нумай çамрăксем пырса курчĕç.

Майăн 10-мĕшĕнче çамрăк куракансен конференцийĕ пулса иртрĕ. Унта смотр итогĕсем çинчен А. Отачкин юлташ доклад туса пачĕ. Докладчик çамрăксен театрĕ çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парас тĕлĕшпе чылай ĕçленине палăртрĕ. Анчах театр ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем те пур. Театр хăйĕн постановкисене тата уйрăм образсене çителĕклĕ хатĕрлесе тăрăнăн тумасть, массăллă педагогикăллă тата политикăллă вĕренĕве тивĕçлипе йĕркелемен, ялти шкулсемпе çирĕп çыхăнса ĕçлемест.

Доклад хыççăн пренире çамрăксем, учительсем тата ыттисем тухса каларĕç, театр кăтартнă постановкăсене сӳтсе яврĕç. РСФСР тата Чăваш АССР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учительници Денисова юлташ, пир-авăр фабрикинче ĕçлекен работница Верещагина, ВЛКСМ обкомĕн секретарĕ Федорова, хĕрачасен 1-мĕш вăтам шкулĕнче вĕренекен Юнисăпа Матвеева, педагогика институчĕн студенчĕ Яковлев тата ыттисем те театр ĕçĕнчи лайăх енĕсемпе çитменлĕхсем çинчен сăмах тухса каларĕç. Çамрăксен театрĕсен Пĕтĕм Союзри смотр комиссийĕн членĕсем Н. Литвиновичпа В. Эуфер режиссер хăйсен сăмахĕсенче пирĕн республикăри çамрăксен театрĕн чылай çитменлĕхĕсене палăртрĕç, вĕсене пĕтермелли майсене кăтартса пачĕç.

Юлашкинчен конференцире пулнисем çамрăксен театрĕн ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе паха сĕнӳсем парса тивĕçлĕ резолюци йышăнчĕç.

## Радиоузел

КУСЛАВККА. Поселокри вăтам шкулта кашни кунах дикторăн усă сасси илтĕнет. «Шкулти радиоузел каласать!» тесе пĕлтерет вăл. Çав вăхăтра классенче шăп. Учитель-диктор ачасене иртнĕ эрнере мĕнле вĕренни çинчен каласа парать.

Кашни тунтикун шкул ачисене радио тăрăх тĕнчери лару-тăру çинчен, ытларикун коммунизмăн аслă стройкисем çинчен каласа параççĕ.

Юнкун—комсомолпа пионер организацисен кунĕ. Çав кун пулакан передачăсенче пионерпа комсомол организацийĕсен ĕçĕсем çинчен каласа параççĕ. Комсомолецсемпе пионерсем те микрофон умĕнче тухса калаççĕ.

Шкулти художествăллă пултарулăх кружокĕсем те радио тăрăх хăйсен пултарулăхне кăтартаççĕ. Кашни кĕçнерникун концертсем пулаççĕ.

Эрнекун пулакан передачăсенче час-часах вĕренӳ отличникĕсем тухса калаççĕ. Вĕсем хăйсен вĕренӳри опычĕ, çитес экзамена мĕнле хатĕрленни çинчен каласа параççĕ.

Радиоузел заведующийĕ пулса ĕçлеме шкулти аслă пионер вожатăя Лукоянова юлташа çирĕплетнĕ.

Н. АНИСИМОВ.

## *Шкулти стена хаçачĕ*

ЧКАЛОВСКИ. Анат Туçари çичĕ çул вĕренмелли шкулта, Мускаври 19-мĕш номерлĕ вăтам шкул опычĕпе усă курса, эрнере пĕрре «Вĕренӳшĕн» стена хаçачĕ кăларса тăраççĕ. 1951—1952-мĕш вĕренӳ çулĕ пуçланнăранпа 25 номер кăларнă. Стена хаçатĕнче шкулти вĕренӳпе воспитани, ачасен художествăллă пултарулăхĕ çинчен номертен номерех çыраççĕ, ун урлă коммунизмăн аслă стройкисем тата пĕтĕм тĕнчипе миршĕн кĕрешӳ вăйланса пыни çинчен ачасене ăнлантарса параççĕ.

А. РЕСМЕТОВ.

# Парторганизацин идеологиллĕ ĕçĕ

Пирĕн Турай ял Советĕнче халĕ пĕр колхоз. Вăл иртнĕ çулсенче тăвата пĕчĕк колхозпа пĕрлешсе пысăкланчĕ. Колхозри парторганизацинче 22 коммунист.

Ял Советра тĕрлĕ учрежденисем нумай: çичĕ çул вĕренмелли шкул, зоотехникăпа ветеринари пункчĕ, врач пункчĕ, сыхăну уйрăмĕпе перекет касси, апат-çимĕç комбиначĕпе инвалидсен артелĕ, ялти магазинпа столовăй, сепараторнăй пункт ĕçлеççĕ. Территориллĕ пуçламăш парторганизаци çук пирки пирĕн парторганизацин пĕрлешнĕ колхозăн ĕçĕсемшĕн ответлă пулнипе пĕрлех, хамăр ял Совет территорийĕнчи учрежденисен ĕçĕсемпе тăтăшах интересленме, унти кадрсене куллен пулăшма тивет.

Парторганизаци коммунистсен тата партире тăман кадрсен идейăллă-политикăллă пĕлĕвне ӳстерес ĕçе нимрен пысăкрах хака хурать. Политикăпа хуçалăх тата культура строительствин ыйтăвĕсене тĕрĕс пурнăçа кĕртсе пырасси ертсе пыракан кадрсен пĕлĕвĕнчен нумай килет. Çавна шута илсе иртнĕ çул коммунистсем, ялти интеллигенци тата колхозри актив валли пĕр политшкул, ВКП(б) историне марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсем тăрăх вĕренмелли кружок организацилерĕмĕр. Политшкулта 15 çын вĕренет, ăна çичĕ çул вĕренмелли шкулăн вĕренӳ пайĕн заведующийĕ коммунист Ф. Николаев юлташ ертсе пырать. ВКП(б) историне вĕренмелли кружокра ялти учительсемпе колхозри коммунистсем пĕтĕмпе 21 çын вĕренеççĕ. Кружока шкул директорĕ коммунист Я. Иванов юлташ ертсе пырать.

Пропагандистсем занятисене идея тĕлĕшĕнчен çӳллĕ пусăмра ирттереççĕ. Я. Иванов юлташ, сăмахран, кăй те çине тăрсах вĕренет. Вăл ВКП(б) райкомĕн парткабинечĕнче пулса иртекен семинарсемпе консультацисене тăтăшах çӳрет. Занятие ирттерме хатĕрленнĕ чухне пропагандист яланах марксизм-ленинизм произведенийĕсемпе, илемлĕ литературăпа, хаçатсемпе журналсенчи материалсемпе, вырăнти фактсемпе тата наглядăй пособисемпе усă курать.

Халĕ, парти вĕренĕвĕн çулĕ вĕçленсе пынă май, политшкулпа кружока çӳрекенсем, çĕнĕ темăна вĕреннипе пĕрлех, малтан вĕреннĕ материалсене те тепĕр хут аса илеççĕ. Итоглă занятисем май уйăхĕн вĕçĕнче пулаççĕ. Парти историне вĕренмелли кружокра пĕтĕмпе 24 занятие ирттернĕ. Кружок вĕренӳ программине ăнăçлă пурнăçласа пырать.

Коммунистсемпе партире тăман кадрсен вĕренес кăмăлĕ пысăк. Вĕсем занятисене вăхăтра тата пĕр сиктермесĕр çӳреççĕ, лайăх хатĕрленсе пыраççĕ.

Парти пухăвĕнче тата партбюрора парти вĕренĕвĕ çинчен час-часах сӳтсе явса, çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтерсе пыратпăр. Нумаях пулмасть вĕренӳ çулĕ вĕçленсе пынă май коммунистсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен парторганизацин уçă пухăвĕнче сӳтсе яврăмăр, вĕренӳ планне пĕтĕмпех пурнăçлама чылай ĕçсем тума палăртрăмăр.

Парти вĕренĕвне лайăхлатни кадрсен политикăллă тавракурăмне нумай ӳстерчĕ. Халĕ политшкулпа кружокра вĕренекенсенчен чылайăшĕ агитаторсем, докладчиксем пулса ĕçлеççĕ.

Парторганизаци ертсе пынипе ялти лекторсен ушкăнĕпе агитколлектив çирĕп плансем тăрăх ĕçлеççĕ. Агитаторсемпе лекторсене час-часах пухса канашлусемпе семинарсем ирттеретпĕр. Унта уйрăм агитаторсен тата лекторсен опычĕсемпе паллаштаратпăр, иртнĕ уйăхра плана мĕнле пурнăçласа пынине, çитес уйăхра камăн мĕнле тема тăрăх тата ăçта лекцисемпе докладсем е каласусем ирттермеллине палăртатпăр. Кун пек туни пирĕн лекторсемпе агитаторсен ĕçри ответлăхĕпе активлăхне вăйлатать тата вĕсен ĕçне тĕрĕслесе тăма пулăшать.

Агитколлективра 35 агитатор. Вĕсем бригадăсемпе фермăсенче ĕçлеççĕ. Кашни агитатора уйрăм заданисем-поручениссем паратпăр. Вĕсем парторганизаци панă поручениссене вăхăтра пурнăçлама тăрăшаççĕ.

Агитаторсемпе лекторсем колхозниксен хисеплĕ хăнисем пулса тăраççĕ. Халĕ пирĕн агитаторсем çураки ĕçĕсене кăтартуллă ирттерме, кăçал вăйлă тырпул туса илме колхозниксен хастарлăхне мобилизацилеççĕ. Колхозниксене аслă Сталин юлташ патне янă çырура илнĕ обязательствăсем çинчен, партипе правительство Чăваш республикине пысăк пулăшу пани çинчен аса илтерсе, вĕсене çĕнĕрен çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантараççĕ. Вĕсем коммунизмăн аслă стройкисем çинчен, тĕнчери лару-тăру çинчен каласа параççĕ. Пĕтĕм агитациллĕ-массăллă ĕçе хуçалăхри ĕçсемпе тачă çыхăнтарса туса пыратпăр.

Коммунистсем социализмлă ăмăрту организаторĕсем пулса тăчĕç. Я. Иванов, Н. Петров, А. Герасимов, Ф. Николаев, В. Сидорова коммунистсем колхозниксем хушшинче час-часах лекцисемпе докладсем ирттереççĕ. Парторганизаци сĕннипе колхозниксем А. Димитриев, Н. Савельев, А. Петров, И. Кудряшов, К. Краснов, А. Федоров коммунистсене колхозра ответлă вырăнсенче ĕçлеме лартрĕç.

Парторганизаци çамрăк коммунистсене воспитани пама тăрăшать. Вĕсене уйрăм поручениссем парса парти ĕçне активлă хутшăнтарать. Кăçал парти кандидатне виçĕ çынна, ВКП(б) членне виçĕ çынна илнĕ.

Колхозниксене коммунизмла воспитани парас тĕлĕшпе пирĕн клуб сумĕнчи лектори пысăк ĕçсем тăвать. Лектори 15 лектора пĕрлештерсе тăрать. Лекторсем пĕлтĕр 59 лекци, кăçал 26 лекци ирттерчĕç.

Лекцисен тематики пуян. Пирĕн лекторсем колхозниксем валли политика, наукăпа техника, медицина, литература, педагогика, ялхуçалăх науки ыйтăвĕсем тăрăх лекцисем ирттереççĕ.

Лекторсен семинарĕсемпе канашлăвĕсене час-часах ирттеретпĕр. Вĕсенче уйрăм лекторсен опычĕпе паллаштатпăр тата вĕсен черетлĕ лекцийĕсене сӳтсе яватпăр. Кун пек туни лекцисен идейăллă содержанине вăйлатма май парать. Лекцисен конспектне канашлусенче сӳтсе явма май пулмасан, лектори руководителĕ хăй тĕрĕслесе тухать.

Лектори колхозниксем хăйсем ыйтнă темăсем тăрăх та лекцисем ирттерет. Лекцисем лайăхрах ăнланмалла пулчăр тесе, кинолекцисем ирттеретпĕр. «Ракетăпа реактивнăй самолет патне» лекцине ирттернĕ хыççăн «Валерий Чкалов», В. И. Ленин пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен ирттернĕ лекцисем хыççăн «В. И. Ленин 1918 çулта», «Туслăхпа юлташлăх» лекци хыççăн «Александр Матросов», «И. В. Мичурин пурнăçĕпе ĕçĕсем» çинчен ирттернĕ лекци хыççăн «Мичурин» кинокартинăсем кăтартрăмăр.

Учитель-лектор Н. Петров юлташ «Социализмран коммунизма куçса пыни», «Коммунизмăн аслă стройкисем» çинчен, «Туркменири тĕп канал çинчен», «СССР территорийĕпе чиккисем çинчен», «Сут-çанталăкри пулăхсем çинчен» циклăнăй лекцисем ирттерчĕ. Колхозниксем кун пек лекцисене пысăк кăмăлпа итлеççĕ.

Коммунизмăн аслă стройкисем çинчен ирттернĕ лекци хыççăн колхозниксен ыйтусем нумай пачĕç. Лектори çавна шута илсе, çав темăпах ыйтăвса ыйтусемпе ответсен каçне ирттерчĕ.

Колхозниксен культурăллă ыйтăвĕсене тивĕçтерес тесе, ялти клуб та хăйĕн ĕçне лайăхлатрĕ. Вăл культурăллă-массăллă ĕçĕн центрĕ пулса тăчĕ. Клуб Совечĕ çирĕп план тăрăх ĕçлесе пырать. Совечĕ 9 çын, вĕсенчен коммунистсем 7 çын.

Клуб сумĕнчи колхоз хорĕ 33 çул ĕçлет. Руководителĕ 73 çулхи колхозник П. Трофимов юлташ. Вăл хăй те çĕнĕ юрăсем кĕвĕлет. Унăн юррисене колхозниксем юратсах итлеççĕ.

Клуб сумĕнче драмăпа физкультура кружокĕсем ĕçлеççĕ. Библиотекăра 3.000 яхăн кĕнеке. Вулакансен шучĕ ӳссех пырать.

Колхозниксен ыйтăвне тивĕçтерсе кăçал уйрăм библиотека уçма палăртнă. Клуб валли 2.000 тенкĕлĕх хаçат-журналсем çырăнса илнĕ. Клубра яланах халăх нумай пулать.

Парторганизаци наглядăй агитацине лайăх организацилерĕ «Коммунизмăн аслă стройкисем», «Пирĕн колхоз 1952 çулта мĕншĕн кĕрешет» тата «Мирпе демократишĕн» ятлă выставкăсем пур. Клубра «Ленин çулĕпе» стена хаçачĕ, бригадăсенче, фермăсенче боевой листоксем тухса тăраççĕ. Кăтарту хăмисемпе Хисеп хăмисем колхозниксен социализмлă ăмăртăвне çутатаççĕ.

Парторганизаци идеологиллĕ ĕçĕн пур формисемпе те анлăн усă курса, коммунистсен авангардлă рольне пĕрмай ӳстерсе пырать. ВКП(б) уставĕ пуçламăш парторганизацисене панă правăна пурнăçласа, колхоз правленийĕн ĕçне кĕрмаях тĕрĕслесе тăратпăр. Колхоз пурнăçĕнчи çитменлĕхсене вăхăтра палăртса, вĕсене çийĕнчех пĕтерсе пыма правленине пулăшса пыратпăр. Парти пухăвĕсенче критикăпа самокритикăна анлăн сарса яратпăр. Пĕрпĕрин çитменлĕхĕсене вăхăтра палăртса пыратпăр.

Халĕ пирĕн парторганизаци партиллĕ-политикăллă тата идеологиллĕ ĕçе вăйлатса пынипе колхозниксене артель хуçалăхне организаци тĕлĕшĕнчен çирĕплетме, колхозниксене çураки ĕçне кĕске срокра, пысăк пахалăхпа вĕçлеме, аслă Сталин юлташ патне янă çырура илнĕ обязательствăна пурнăçлас ĕçе мобилизацилесе пырать.

В. МИХАЙЛОВ,

Советски районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозри партбюро секретарĕ.

## Çамрăк техниксен кружокĕнче

ПЕРВОМАЙСКИ. Нăрваш Шăхальти çичĕ çул вĕренмелли шкулта çамрăк техниксен кружокĕ лайăх ĕçлет. Кружок занятийĕсем кашни эрнере пĕрре пулса пыраççĕ.

Кружока ертсе пыракан физика преподавателĕ А. Исаев юлташ тăрăшнипе çамрăк техниксем пысăк пуçарулăх кăтартаççĕ. Çамрăк техниксем шкулти физика, хими тата естествознани кабинечĕсем валли тĕрлĕрен наглядăй пособисем туса хатĕрленĕ.

Физикăпа хими кабинечĕсем валли нумай наглядăй пособисем, вăл шутра 3 гальванометр, пăравус моделĕ тунă. Кăçал шкулта радиоузел туса лартнă, унта халĕ 10 радиоточка ĕçлет. Радиоузел тăрăх вĕренӳ отличникĕсем, учительсем тухса калаççĕ, шкулти художествăллă пултарулăх кружокĕсем концертсем параççĕ.

Шкулти лектори членĕсем колхозниксене тата шкул ачисене техника ыйтăвĕсем тăрăх лекцисемпе докладсем вуласа параççĕ.

А. ТУКМАКОВ.

# Колхозниксен патриотла ĕçĕ

Атăлан чăнкă çыранĕсенчен инçех те мар Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Коммунизм» колхоз вырнаçнă. Пуян та культурăллă пурнăçăн колхозăн нумай ĕçчĕсенчĕ. Колхоз пуянлăхĕ çултан-çул ÿсет. Пĕлтĕр колхозăн пĕтĕм тупăшĕ 816 пин тенкĕ çитнĕ.

Колхозниксемпе колхозницăсен культури ÿссе пырать. Партипе правительство ĕçсынисемшĕн тăрăшнипе хавхаланса, колхозниксем ĕçре патриотла хастарлăх кăтартаççĕ, ĕç тухăçлăхне ÿстереççĕ.

«Коммунизм» колхоз членĕсен патриотла ĕçĕ Досааф организацийĕнче çар ĕçне вĕреннинче тата хăйсен спорт мастерлăхне ÿстерничен уççăн курăнать.

«Коммунизм» колхозра Досааф организацийĕнче пурĕ 267 çын тăрать. Вĕсем хушшинче колхоз производствинче малта пыракансем: уй-хир бригади бригадирĕ П. Иванов комсомолец, 69 çулхи Блинов колхозник, А. Иванова аслă конюх, колхозра хастарлă ĕçлекен Н. Петров, П. Павлов юлташсем тата ыттисем те. Пуçламăш организаци сумĕнче радио, ПВХО кружокĕсем, радиотелеграфист тата шофер ĕçĕсене вĕренмелли курссем ĕçлеççĕ. Кунсăр пуçне Досааф членĕсем винтовкăпа тата пулеметпа тĕл пеме вĕренеççĕ.

Досааф членĕсем радио ĕçĕпе питех те интересленеççĕ. Кунта пĕр вăхăтрах икĕ радиокружок ĕçлет. Кружок членĕсем радиоприемниксем тăваççĕ, колхозниксен çурчĕсене радио кĕртеççĕ. Пĕлтĕр вĕсем 50 ытла детекторлă приемник тунă. Досааф членĕсем колхозăн ялне пĕтĕмпех радиофикацилеме задача лартнă.

Тĕл перекенсен кружокĕнче вĕренекенсем винтовка тата ручной пулемет пайĕсене лайăх вĕренсе çитрĕç, хальхи вăхăтра станковăй пулемет вĕренме пуçларĕç. Кружокра вĕренекенсем Г. Александров, Г. Нестеров, Н. Арефьев, П. Павлов, М. Николаев юлташсем пĕчĕк калибрлă винтовкăпа пересе спортăн виççĕмĕш разрядне илнĕ.

Досааф организацийĕ шоферсене вĕрентсе хатĕрленине колхоза пысăк пулăшу парать. Пĕлтĕр В. Столяров ертсе пынипе темиçе колхозник шофер специальноçне илчĕç.

Колхоз правленийĕ (председателĕ В. Давыдов юлташ) Досааф организацине куллен пулăшать. Çар ĕçне вĕренме тĕрлĕрен пособисем илсе парать. Иртнĕ çул колхоз противогазсем, кĕнекесем чылай туяннă. Правлени мотоцикл, кимĕ çине çакмалли мотор, 150 тенкĕлĕх вĕренÿре кирлĕ япаласем илме решени йышăннă.

Досааф членĕсем пултарулă ĕçлеççĕ. Вĕсем 20 винтовка макечĕ, 13 машар йĕлтĕр тунă. Пуçламăш организаци хăйĕн укçипе телеграфист ключĕсем, плакатсем туяннă.

Колхоз клубĕнче каçсерен нумай çын пухăнать. Çамрăксем кунта кино курма, докладсемпе лекцисем итлеме пуçтарăнаççĕ.

Нумаях пулмасть пуçламăш организацин лекторсен ушкăнĕн членĕ Г. Мочалов юлташ «Досааф членĕсен задачисем» темăпа доклад туса панă. Г. Мочалов, Н. Арефьев, А. Семенов учитель, Г. Андреев фельдшер, колхоз председателĕн заместителĕ Г. Андреев, Паникассинчи çичĕ çул вĕренмелли шкул директорĕ П. Степанов, Ф. Иванова учительница кăçал виçĕ уйăх хушшинче 20 ытла докладсемпе лекцисем иртернĕ.

Колхоз членĕсем «1812 çулхи Отечественнăй вăрçă тата М. И. Кутузов полководец», «А. В. Суворов—аслă полководец», «Тăван çĕршыва сыхлассы—СССР гражданĕн чыслă та ответлă ĕçĕ» тата ытти темăсем тăрăх тунă докладсемпе лекцисене пысăк хавасăхпа итлеççĕ.

Колхоз клубĕ—пуçламăш организаци членĕсен çар ĕçне вĕренмелли вырăн. Кунта лайăх туса хатĕрленĕ çар кабинечĕ пур. Стенасем çинче—грамотăсем, пуçламăш организаци кăларакан «Досаафовец» ятлă стена хаçачĕ. Кабинетра пуçламăш организацине панă куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялав тăрать. Сĕтелсем çинче «Радио», «Военные знания», «Крылья Родины» журналсем выртаççĕ.

Колхозри пуçламăш парторганизаци Досааф организацийĕн ĕçне куллен йĕркелесе пырать. Парторганизаци пухăвĕсенче çак общество организацийĕн ĕçне пулăшасси тĕлĕшпе тăташах ыйтусем сÿтсе явассĕ. Парторганизаци секретарĕ М. Герасимов юлташ виçĕ çул хушши ĕнтĕ Досааф организаци председателĕ пулса ĕçлет.

Колхоз хирĕсенче хастарлă ĕçлесе тата Досаафăн пуçламăш организацийĕсенче тăрса çар ĕçне вĕреннипе «Коммунизм» ялхуçалăх артель членĕсем патриотла пысăк ĕç тăваççĕ.

Н. ЕВСТИГНЕЕВ.

## Çĕнĕ çĕре куçса кайнисем мĕн çыраççĕ

Партипе правительство чĕннипе пирĕн республикăран чылай колхозниксем нумай çĕрлĕ Молотов облаçне куçса кайрĕç. Унта вĕсене ăшă кăмăлпа кĕтсе илнĕ. Кашни çемьене çĕнĕ те пысăк пÿртсем панă, выльăх-чĕрлĕхсем туянма пулăшнă.

Улатăр районĕнчи Алтышевăри «Заря» колхоз членĕ П. Голюнов юлташ кăçалхи февраль уйăхĕнче Молотов облаçĕнчи Очерск районĕнчи «Путь Ленина» колхоза куçса кайнă. Вăл хăйĕн кĕрÿшĕ П. Лаврентьев патне çапла çырать: «Молотов облаçне эпир февралĕн 27-мĕшĕнче çитрĕмĕр. Пире кĕтнĕ хăнасем пек ăшшăн, тулли кăмăлпа кĕтсе илчĕç. Эпир çитнĕ ятпа вечер пулчĕ. Пире чи пуян колхоза ячĕç. Çитсенех кашни çемьене лайăх пÿртсем пачĕç. Манăн пÿрт икĕ пÿлĕмлĕ, урайне сăрланă, радио, электричество пур. Колхоз мана ĕне пачĕ. Сурăхсемпе сыснасем, чăх-чĕпсем туянтăмăр. Кил хушши тавра хуралтăсем, вĕсене пурне те хăма витнĕ.

Колхозăн кирпĕч завочĕ, хăма çурмалли завод, электростанци, радиоузел пур. Фермăсенчи ĕçсене пĕтĕмпех механизациленĕ, шыв та пăрăх тăрăх пырать. Часах колхозниксен килĕсене те водопровод кĕртеççĕ. Ун валли машина илсе хатĕрленĕ, кĕçех кашни киле пăрăхсем кĕртме тытăнаççĕ.

Колхозра эпĕ платниксен бригадинче ĕçлетĕп. Пурте килĕштерсе пурăнатпăр, тухăçлă ĕçлеме тăрăшатпăр. Кунти тимĕрçĕ лаççинчи ĕçсене те пĕтĕмпех механизациленĕ, мăлатуксем электричество вăйĕпе ĕçлеççĕ. Электричество вăйĕпех авăн çапаççĕ, арман авăртаççĕ. Магазинсенче вара апат-çимĕç, промышленность таварĕсем—мĕн кирлĕ çавна ил. Колхозра пысăк клуб тата кинотеатр пур. Ачасен сачĕпе ачасен ясли çулталăкĕпех ĕçлеççĕ. Манăн Нинăпа Ваня ача садне çÿреççĕ. Унта вĕсене лайăх пăхаççĕ.

Колхозăн çырла йывăççисен пахчи, пысăк сад пур. Çывăхрах вăрман, улăхçаран. Пасарлă ялсем те инçех мар.

Ваня, çак хута илсен пĕр тăхтамасăр пирĕн пата куçса килме тăрăшăр. Эпир пĕр тăвансем, хурăчташсем пĕр колхозра пурăнăпăр, пĕрле ĕçлĕпĕр».

Пирĕн республикăран Молотов облаçне куçса каяс текенсем тăтах та нумай. Çитес кунсенче унга тата тепĕр эшелон каять.

Н. ЖУКОВ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Шупашкарти ача-пăча театрĕ лартнă «Аттестат зрелости» спектаклĕн 6-мĕш картининчи сцена—Х-мĕш класран вĕренсе тухакан çамрăксем хăйсен юратнă учителĕ патĕнче

М. ЕГОРОВ фотоÿкерчĕкĕ.

*ТЕАТР*

## „АТТЕСТАТ ЗРЕЛОСТИ“

Ача-пăча театрĕсен Пĕтĕм Союзри смотрне хутшăннă май, пирĕн республикăри ача-пăча театрĕн коллективĕ лартса панă спектакльсенчен «Аттестат зрелости» спектаклĕ палăртмалла. Ăна С. Гонцов режиссер лартнă.

Л. Гераскина çырнă «Аттестат зрелости» пьесăн тĕп никĕсĕнче хăйне ыттисенчен çÿлĕрех тытакан çамрăк ачапа коллектив хушшинчи конфликт пулса тăрать. Автор вуннăмĕш класра вĕренекен Валентин Листовский комсомолецăн сăнарĕнче коллективран уйрăлса кайнă, хăйне çÿле хуракан мăнкăмăллă çамрăка кăтартса парать. Листовский хăйĕн пурнăçĕнче чылай пысăк йăнăшсем тăвать, комсомол организацийĕн ăна комсомолтан кăларма тивет. Анчах Листовский мораль тĕлĕшĕнчен пачах пăсăлнă çын мар, унăн çитменлĕхĕсем тĕрĕс мар воспитани панипе кăна пулма пултарнă. Комсомол организацийĕ шкул руководителĕсем пулăшнипе Листовский хăйĕн çитменлĕхĕсене тÿрлетме пултарни, вăл ыттисемпе пĕр тан праваллă çын пулса тăма пултарни никама та иккĕлентермест.

Валентин Листовский рольне В. Н. Соловьев артист вылять. Вăл хăй вылякан геройăн характерне тĕрĕс ăнланса илнĕ. Малтанхи сценăсенчех эпир çакна куратпăр: пирĕн умра ăслă-тăнлă çамрăк ача. Вăл хăйĕн сăввисене вулать. Сăввисем начар мар. Унăн ĕмĕчĕсем пысăк. Ун çинчен вăл хăйĕн тусĕн йăмăкне Викăна (Карпова артистка) каласа парать. Анчах çав вăхăтрах эпир çак çамрăк хăйне хăй питĕ ирĕк, киревсĕр тыткаланине, вăл чăн та хăйне хăй ытлашши хакланине, çынсем çине мăнкăмăллăн пăхнине, юлташлăхпа туслăх йĕркисене пăхăнма юратманнине, коллективри туслăха хисеплеменнине куратпăр.

Актер вăййинче эпир Валентин майĕпен лайăхланса, юсанса пынине те уççăнах туятпăр (комсомол пухăвĕ хыççăн пулса иртнĕ сценăсем, уйрăмах вăл хăйĕн шăллĕнпе пирвайхи хут чăн-чăн тăванла, чĕререн калаçни тата ытти те).

Анчах та актер вăййинче çитменлĕхсем те пур. Чылай чухне (сăмахран, комсомол пухăвĕнче) актер хăйне виçеллĕ тытаймасть. Çавна пула спектаклĕн тĕп образĕ—Листовский сăнарĕ совет çамрăкĕсемшĕн характерлă пулса тăраймасть.

Е. П. Куршева артистка пысăк мар роле—Валентин шăллĕ—вуникĕ çулхи Олег рольне вылять. Вăл сăнара питĕ тĕрĕс сăнласа панă. Вăл вылякан Олег çемçе, тÿрĕ кăмăллă, хăйĕн юлташĕсене сирĕп юратакан çамрăк ача. Пывăр чирленĕ пулин те Олег ытларах та ытларах вĕренесшĕн тăрăшать. Пĕтĕм спектакль тăршшинче эпир çак лайăх ачана—Олега пĕр сцена çинче çеç куратпăр пулин те, вăл нумайлăха пирĕн асра юлать. Çакă вăл, паллах ĕнтĕ, артисткăн ăста пултарулăхĕ çинчен калать.

Вунçичĕ çулхи хĕрача Вика Жаркова рольне Н. А. Карпова малтанхи сценăсенче ĕненмелле, тĕрĕс вылять. Вика чăннипех те лайăх хĕрача, вăл амăшне те, пиччĕшне те хытă юратать. Анчах та каярахпа артистка, Викăн юрату туйăмне чăн-чăн пурнăçри пек витĕмлĕн кăтартайманнине пула, çамрăк хĕрача сăнарĕн пахалăхне чакарать.

Çитĕннисен—воспитательсен сăнарĕсене артистсем спектакльте çителĕклĕ таран уççăн сăнласа параймаи. Вĕсенчен пуринчен тĕрĕсрех выляканĕ—В. С. Осипов артист. Вăл Грохотов преподаватель сăнарне ĕненмелле кăтартса парать. Валентин тусĕсен—Викăпа Леня амăшĕн сăнарне В. А. Валери-Кампэ артистка чĕррĕн кăтартайман. Пьеса авторĕн айăпне пула, спектакльте пысăк вырăн йышăнма тивĕç сăнарсем—пионер вожатăйĕ Тамара (С. К. Елагина артистка) тата ВЛКСМ райкомĕн секретарĕ Костров (Н. П. Бордынев артист) кичемĕн курăнаççĕ.

Спектаклĕ музыка тĕлĕшĕнчен кирлĕ пек йĕркелеймен.

Çитменлĕхсем пур пулин те, «Аттестат зрелости» спектаклĕ ачасем питĕ юратса, хавасланса пăхаççĕ. Çавăнпа та ĕнтĕ театр коллективĕн смотрта палăртнă çитменлĕхсене çывăх вăхăтрах пĕтерме тăрăшас пулать. Спектакль чăннипех те пысăк идейăллă пулмалла, художество тĕлĕшĕнчен çÿлĕ пусăмра тăмалла.

В. РОМАНОВ.

## Кашни киле—хаçат-журнал

ЭЛЕК. Сулавăç ялĕнче пĕтĕмпе 52 хуçалăх пурăнать. Яла пурĕ 60 экземпляр тĕрлĕ хаçат килсе тăрать. Юлашки вăхăтра колхозниксем 14 экземпляр хаçат çырăнчĕç.

Учитель А. Лукин юлташ 12 çул пĕр сиктермесĕр «Коммунизм ялавĕ» çырăнса илет. Уй-хир бригадин бригадирĕ П. Архипов, И. Казаковпа Т. Вершинина колхозниксем те кашни çулах хаçат-журнал çырăнса илеççĕ.

П. КАЗАКОВ.

# *Редакцине килнĕ çырусем*

## Промартельсемпе промкомбинат ĕçне лайăхлатмалла

«Заря» промартель сĕтел-пукан, диван, матрац, урапа-çуна т. ыт. те туса кăларать. Колхозсен ыйтăвне тивĕçтерес тесе кăçал урапа кустăрми тăвассине вăйлатнă. Цех коллективĕ çулталăкри планран ирттерсе 100 стан урапа кустăрми туса кăларма пулнă.

Артель коллективĕ, Канашри вагонсем юсакан заводри рабочисен паха пуçарăвĕпе усă курса, сменăри нормăна 7 сехет хушшинче тултарса пырассишĕн ăмăртса ĕçлет, чĕртаварсене перекетлессишĕн кĕрешет.

Артель правленийĕ кадрсем вĕрентсе хатĕрлес ĕçе те ăнăçлă туса пырать. Юлашки вăхăтра сĕтел-пукан, урапа-çуна тăвакансем, станочниксем чылай вĕрентсе хатĕрленĕ.

Артель ĕçне аталантарма условисем пысăк. Унăн станоксем темиçе çул хушши ахалех тăраççĕ. Анчах Чăвашпромсоюз артеле ĕçе механизацилеме пулăшмасть.

Колхозсемпе учреждениссене сулсерен хăма нумай кирлĕ. Пирĕн шухăшпа артельте хăма çуракан рама лартас пулать.

Промкомбинатра кирпĕчпе черепица производствине вăйлатма пысăк майсем пур. Механизмсем çителĕклĕ кÿрсе килнĕ. Тăм турттарма ансăр чугун çул юпии хывнă. Апла пулин те 1951 çулта промкомбинат кирпĕч туса кăлармалли плана çуррине те тултарайман. Черепица вара пачах туман. Кăçал та ку ĕç япăх пырать. Промкомбинатăн Комсомольскинче темиçе пушă çурт пур. Çак çуртсенче цехсем уçма пулать. Промкомбинат директорĕ Чичикин юлташ ĕçре ответлăх туймасть. Райсовет исполкомĕпе Чăваш АССР Вырăнти промышленность министерстви промкомбинат япăх ĕçленипе килĕшсе тăраççĕ.

«Инвалид» артель строительство материалĕсемпе куллен кирлĕ япаласем тăвас шутпа çулсерен нумай вăрман илет. Анчах артель правленийĕ йывăç продукци туса кăларас вырăнне пĕренесене хаклă хакпа сутса пĕтерет. Чăвашкоопинсоюзпа райсовет исполкомĕ çакна пĕлеççĕ пулин те нимĕнле мерăсем те йышăнмаççĕ.

Районти промысла артельсен ĕçне вăйлатса пыма лайăх условисем пур. Чĕртавар, рабочисем çителĕклĕ. Вĕсемпе тĕрĕс усă курсан, районти ĕççыннисене куллен кирлĕ япаласем нумай туса кăларма пулать.

А. ЕРЕМЕЕВ.

Комсомольски районĕ.

## Моторсене начар юсать

Канашри завод (директорĕ Училихин юлташ) МТС-сене моторсене йĕркеллĕ юсаса пама тăрăшмасть. Унта иртнĕ кĕркунне Чурачăк МТС-ĕ 23-мĕш номерлĕ СТЗ-НАТИ тракторăн моторне юсама леçнĕ. Ăна вара завод апрельте «юсаса» панă.

Мотор юсанăшăн МТС завода 3.597 тенкĕ куçарнă. Ку мотора 13-мĕш номерлĕ трактор бригадине панă. Трактор çине вырнаçтарнă чухне трактор бригадин бригадирĕ моторăн çу фильтрĕ çуккине асăрханă. Колхоза çитсенех тата мотор подшипникĕ арканса кайнă.

Кун пек тĕслĕхсем час-часах пулкалаççĕ. Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствин Канашри заводăн çитменлĕхĕсене пĕтерме кирлĕ мерăсем йышăнмалла.

С. КУЗЬМИН.

## „Коммунизм ялавĕ“ хаçатра çырнă хыççăн

### „Анат Сăнарти гидроэлектростанци строительстви пирки“

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн апрелĕн 19-мĕшĕнчи номерĕнче «Анат Сăнарти гидроэлектростанци строительстви пирки» ятлă çыру пичетленсе тухнăччĕ.

Çырура кăтартса панă çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе мĕнле мерăсем йышăнни çинчен Советски райсовет исполкомĕ çапла пĕлтерчĕ: «За коммунизм» колхоз гидроэлектростанцине туса пĕтерме кăçал 140 пин тенкĕ расходлама пăхнă, вăл шутран 80 пин тенкине ссуда йĕркипе ялхуçалăх банкĕнчен кивçен илме палăртнă.

Электростанци тума йывăç хатĕрленĕ, анчах ăна пĕтĕмпех турттарса кăларманха. ГЭС-а туса пĕтерме кăçал тытăнмалла.

Колхоза техника тĕлĕшĕпе пулăшу кирлĕ. Электростанци тума техникăллă проект çук. Республикăри Сельэлектре кантурĕ ку енĕпе колхоза пулăшу пама пулнă, анчах вăл хăй сăмахне пурнăçлас тĕлĕшпе халĕ нимĕн те туман-ха.

### „Кÿлле тасатмалла“

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн апрелĕн 11-мĕшĕнчи номерĕнче пичетленсе тухнă «Кÿлле тасатмалла» ятлă çыру пирки Вăрмар районĕнчи ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ Сапаркин юлташ редакцине çапла пĕлтерчĕ:

«Родина» колхозри кÿлле тасатасси тата унта пулă ĕрчетесси çинчен колхозниксен пухăвĕнче сÿтсе явнă. Пуху кÿлĕ тасатма экскаватор тытма, ĕрчетмелли пулăсене «Правда» колхозран илме йышăннă. Кăçал кÿлле пĕтĕмпех тасатса пĕтерме палăртнă.

### „Ялхуçалăх артелĕн Уставне пĕр пăркаланмасăр пурнăçламалла“

«Коммунизм ялавĕ» хаçатра апрелĕн 11-мĕшĕнче корреспондентсен çырăвĕсем тăрăх «Ялхуçалăх артелĕн Уставне пĕр пăркаланмасăр пурнăçламалла» ятлă статья пичетленсе тухнăччĕ. Унта Елчĕк районĕнчи «Трактор» колхозра Устава пăсни çинчен те каланăччĕ.

ВКП(б) Елчĕк райкомĕ редакцине статьяра кăтартса панă фактсем тĕрĕс пулни çинчен пĕлтерчĕ. Зайцев колхозника халĕ икĕ пахча вырăнĕ памалла мар тунă. Колхоз правленине шофер, тимĕрçĕ тата счетовод вĕрентсе хатĕрлеме хушнă.

*Ферма работникĕсене пулăшма*

# Выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçе тĕрĕс организацилер

СССР Министрĕсен Совечĕ 1948 çулхи апрелĕн 19-мĕшĕнче «Колхозсенче ĕçе организацилессине лайăхлатмалли, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли тата ĕçшĕн тÿлессине йĕркелемелли мерăсем çинчен» постановлени йышăнчĕ. Çак паха документ обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре те пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Пирĕн республикăри чылай колхозсем выльăх-чĕрлĕх фермисенчи ĕçе сдельщина тăрăх организацилес енĕпе лайăх опытсем пухрĕç, фермăсене ялан ĕçлекен бригадăсемпе тата пултарулă кадрсемпе çирĕплетрĕç. Çакăнпа пĕрлех выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри кадрсене вĕрентсе хатĕрлесси те чылай лайăхланчĕ.

Анчах та выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçе организацилес тĕлĕшри çитменлĕхсене вĕсне çитиех пĕтермен-ха. Выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçри обезличкăна пĕтермен. Ферма работникĕсене час-часах улăштарса тăраççĕ, вĕсене ĕçшĕн кун тăрăх тÿлеççĕ, вĕсем выльăх-чĕрлĕхрен мĕн чухлĕ продукци илнине тата мĕн чухлĕ выльăх пăхса пурăннине шута илмеççĕ. Çак çитменлĕхсем ĕç тухăçлăхне ÿстерме тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатма кансĕрлеççĕ.

Фермăсенчи производствăллă тĕп единица вăл—ялан ĕçлекен выльăх-чĕрлĕх бригади пулса тăрать. Ун пирки Ялхуçалăх артелĕн Уставĕнче çапла каланă: «Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç бригадисене виçĕ çултан кая мар вăхăта уйăрса хураççĕ». Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе тăрăшса туса пыракан колхозсенче çапла тунă та ĕнтĕ. Фермăсенче яланлăх выльăх-чĕрлĕх бригадисем, бригадăсенче чи пултарулă, ĕçе юратакан колхозниксемпе колхозницăсем ĕçлеççĕ.

Пĕрлешсе пысăкланнă колхозсенче, хуçалăхри условисене шута илсе, выльăх-чĕрлĕхе пăхса усрама темиçешер бригада тăваççĕ. Акă, Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоза илер. Артель çичĕ ферма тытать, вĕсенче 2.400 пуç выльăх-чĕрлĕх, виçĕ пин пуç кайăк-кĕшĕк усрать. Лаша, ĕне, сурăх тата сысна фермисенче ĕçлеме ятарласа бригадăсем организациленĕ. Выльăх-чĕрлĕх пăхакансен кадрĕ çирĕп.

Фермăсенче выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçе механизациленĕ: нумаях пулмасть артезиан çăлĕ туса пĕтерне. Çывăх вăхăтра колхоз водопровод кĕртет, автопоилкăсем лартать, электричествăпа ĕне сумалли агрегат туянать, витесене выльăх апачĕ илсе пырас тата тислĕк кăларас ĕçсене механизацилет. Çапла туни ферма работникĕсен ĕçне нумай çăмăллатма май парать, вĕсене тăтăх та тухăçлăрах ĕçлеме пулăшать. Ахальтен мар кунти дояркăсем икĕ сменăпа ĕçлемелле тăвасси çинчен калаçаççĕ.

Малта пыракан колхозсен фермисенче выльăх-чĕрлĕх бригадисене продукци паракан выльăх-чĕрлĕх, ĕç выльăхĕсемпе ĕç хатĕрĕсем тата карта-витесем çирĕплетсе панă. Бригадăсенче вара выльăх-чĕрлĕхе тата инвентаре уйрăм колхозниксем çумне çирĕплетнĕ.

Фермăсенче выльăхсене уйрăм колхозниксем çумне çирĕплетсе панин пĕлтерĕшĕ çакăнта: вăл выльăх-чĕрлĕхе пăхса усрас ĕçри хуçасăрлăха пĕтерме, ĕçе сдельщина тăрăх организацилеме, ферма работникĕсен ответлăхне ÿстерме, ĕç культурине тăтăш хăпартса пыма май парать.

Кашни фермăна, унта ĕçлекен кашни колхозника выльăх-чĕрлĕх йышне ÿстерме тата унăн тухăçлăхне хăпартма конкретлă производство заданисем пани кирлĕ.

Фермăсене çулталăклăх паракан заданисене çак ыйтусем кĕреççĕ: выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ÿстересси, ама выльăхсене чуптарса хăварасси тата вĕсенчен çамрăк выльăхсем илсе çитĕнтересси, выльăхсене самăртасси, выльăх-чĕрлĕх ăратлăхне лайăхлатасси тата фермăра зоотехникăпа ветеринари тĕлĕшĕнчен туса иртермелли ĕçсем. Кашни фермăн выльăхсене чуптарса хăвармалли, ĕçкунĕсем расходламалли тата выльăх апатне кашни уйăхра мĕн чухлĕ расходламалли плансем пулмалла.

Çавнашкалах ферма работникĕсене панă заданисем те уççăн палăрса тăмалла. Сăмахран, дояркăн хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен тата мĕнпур ĕнесенчен уйăхра, çулталăкра мĕн чухлĕ сĕт суса илмеллине лайăх пĕлмелле. Пăрачкав районĕнчи Максим Горький ячĕпе тăракан колхозăн ĕне фермине дояркăсене паракан заданире кашни вунăкунлăхра мĕн чухлĕ сĕт суса илмеллине те кăтартаççĕ. Çапла туни питех те вырăнлă, çакă вăл план мĕнле пурнăçланса пынине вăхăтра пĕлсе тăма май парать.

Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз фермисенче выльăх-чĕрлĕх пăхакансем пĕтĕм ĕçе сдельщина тата çирĕп кун йĕрки тăрăх туса пыраççĕ. Кунта ĕç дисциплинни çирĕп, ĕçрен пăрăнас е прогул тăвас йăла çук. Выльăх пăхакансем валли фермăсем çумĕнче уйрăм пÿрт пур. Кунта ферма работникĕсен кун йĕрки тата обязанноçĕсем çинчен çырнă хутсем çакăнса тăраççĕ. Çавăн пекех социализмлă обязательствăсене мĕнле пурнăçласа пынине те тăтăш кăтартса пыраççĕ. Çапла туни колхозниксен ĕçри туйăмне çÿлĕ пусăма çĕклет.

План туни тата заданисем пани ĕçĕн пуçламăшĕ кăна-ха. Плансемпе заданисем хут çинче тăрса ан юлчăр тесен, колхоз руководителĕсемпе ферма заведующийĕсен колхозниксен массине ĕçе активлăн мобилизацилемелле.

СССР Министрĕсен Совечĕ йышăннă постановлени фермăсенче ĕçлекен колхозниксене ĕçшĕн вĕсем мĕн чухлĕ сĕт суса илнине, мĕн чухлĕ çăм касса илнине, миçе çамрăк выльăх хутшăнтарнине тата вĕсене пăхса ÿстернине, ĕç выльăхĕсемпе аш-какай валли усракан выльăх-чĕрлĕхĕн чĕрĕ виçи мĕнле ÿсе пынине тата вĕсен самăрлăхне кура тÿлеме сĕнет. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе хăвăрттăн аталантарса пыракан колхозсенче нумай çул хушши ĕнтĕ ферма работникĕсене çак принцип тăрăх—вĕсен ĕç результачĕсене кура тÿлеççĕ.

Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозра ферма работникĕсене ĕçкунĕсем акă мĕнле шутласа параççĕ: дояркăсене çирĕплетсе панă ĕнесенчен суса илнĕ кашни 100 литр сĕтшĕн ĕнесем кĕтÿре çÿренĕ вăхăтра 1,5 ĕçкунĕ çырса параççĕ. Паллах, хĕлле фермăсенче ĕçлеме йывăртарах, выльăх-чĕрлĕхе апат та, шыв та алăран парас пулать, витесене те кунне темиçе хут тасатса тăма тивет. Çавăнпа та кунта ĕнесене витере усранă вăхăтра кашни 100 литр сĕтшĕн 2,75 ĕçкунĕ çырса параççĕ. Дояркăсене хăй пăхакан кашни ĕнерен суралнă пăрушăн та, суралнă кашни пăрăва 20 кун хушши пăхса ÿстернишĕн те ĕçкунĕ çырса параççĕ. Ĕне кĕтÿçĕ те çак йĕркепех (сĕтшĕн, выльăх-чĕрлĕх самăрлăхĕшĕн, суралнă кашни сывă пăрушăн) ĕçкунĕ илсе тăрать. Ферма заведующийне ĕçкунĕсем вăл çак ĕçре миçе çул ĕçленине тата ферма пысăккăшне кура, плансемпе заданисене мĕнле пурнăçласа пынине кура тÿлеççĕ.

Лаша фермипе ĕçлекенсене ĕçкунĕсем çырса парассине те лайăх йĕркеленĕ. Конюхсене кунта правительство постановленийĕпе килĕштерсе колхозниксен пĕрлехи пухăвĕ йышăннă хаксем тăрăх ĕçкунĕсем çырса параççĕ. Колхозра çакăн пек йĕрке йăлана кĕнĕ: кашни уйăх вĕçĕнче лашасене комисси пăхса тухать, вăл лашасен сывлăхĕпе самăрлăхне палăртать, тĕрĕслени çинчен акт çырать. Çак акт конюхсене ĕçкунĕсем çырса памалли тĕп документ пулса тăрать, ун тăрăх вĕсене кашни самăр лашашăн е тихашăн ĕçкунĕсем хушса параççĕ, лашасем начар пулсан—чакараççĕ.

Ĕçне кура—тупăшĕ, тет халăх. Кашни колхозрах выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекен колхозниксене ĕçшĕн тÿлессине тĕрĕс йĕркелес пулать. Вăл колхозниксен ĕçри хастарлăхне ÿстерет, государство интересĕсене артель членĕсен интересĕсемпе çыхăнтарма май парать.

Плансене пурнăçланине тĕрĕслесе тăмалли меслет—учет пулса тăрать. Тĕрĕс учет ферма ĕçне, унта ĕçлекен кашни колхозникăн ĕçне тĕплĕн пĕлсе тăма, вĕсене ĕçшĕн тÿлессине тивĕçлипе йĕркелеме пулăшать.

Шупашкар районĕнчи «Красный Флот» колхоз фермисенче учет ĕçне тĕрĕс тата вăхăтра туса пыраççĕ. Фермăсенчи пĕтĕм пурлăх çирĕп алăра, учетра. Уй-хир ĕçĕсене вĕçлесенех выльăх апатне тĕрĕс шута илсе тухса, кладовщик аллине акт тăрăх параççĕ, хĕл вăхăтĕнче вара ăна план тăрăх расходлаççĕ, тирпейлĕн тыткалаççĕ.

Колхоз фермисенче выльăх-чĕрлĕх йышĕ ÿсшĕннине тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне шута илсе пырассине те лайăх йĕркеленĕ. Кунта уйрăмах суралнă çамрăк выльăхсене учета илсе пырас тĕлĕшпе çирĕп йĕрке тунă. Сăмахран, пăрусене ралсанах, вăл типсе çитсен, ăна тĕресапа виçсе пăхаççĕ, акт çыраççĕ. Акта çав кунах правленине тăратаççĕ. Пăрусене иккĕмĕш хут 15 кунтан, малалла уйăхра çиччĕн кашни уйăхра пĕрре виçсе пăхаççĕ.

Колхозри ревизи комисси фермăсен ĕçне тăтăшах тĕрĕслесе тăрать. Сăмахран, фермăра кашни ĕне мĕн чухлĕ сĕт панине уйăхра виçĕ хут тĕрĕслеççĕ.

Фермăсенчи учет ĕçне лайăх йĕркелессишĕн, паллах, никамран ытларах ферма заведующийĕсен тăрăшмалла. Вĕсене ку ĕçре колхоз счетоводĕсем тата зоотехникăпа ветеринари специалисчĕсем тăтăшах пулăшмалла.

Тепĕр пысăк та питĕ кирлĕ ыйту—колхозниксене ĕçшĕн хушса тÿлесси. «Чăваш АССР-ĕнчи колхозсенче çамрăк выльăхсене пăхса ÿстермелли, çитĕннĕ выльăхсене пăхса усрамалли тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстермелли заданисене ирттерсе тултарнăшăн колхозниксене ĕçшĕн хушса тÿлесси çинчен» СССР Министрĕсен Совечĕ йышăннă постановленипе тĕрĕс те анлă усă курмалла.

1951 çулхи паха ĕçсемшĕн республикăри çĕршер колхозсенче ĕçшĕн хушса тÿлерĕç. Акă, Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» ялхуçалăх артель фермисенче ĕçлекен 26 колхозника ĕçшĕн хушса тÿленĕ. Вĕсене 18 путек, 16 сысна çури, 5 пăру, 34 килограмм çăм, сĕт, аш-какай тата тĕштырă чылай панă. Улатăр районĕнчи колхозсенче ферма работникĕсемпе конюхсем пурĕ 186 çын ĕçшĕн хушса паракан тÿлеве илме тивĕçлĕ пулнă. Пур колхозсенче те заданисене ирттерсе тултарнăшăн ĕçшĕн хушса тÿлемелле тăвас пулать.

Кашни колхоз йышлă та пысăк тухăçлăх паракан выльăх-чĕрлĕх усранине мухтава тухма пултарать. Çав чыса тивĕçлĕ пулассишĕн пыракан кĕрешÿре фермăсенче ĕçе тĕрĕс организацилени пысăк вырăн йышăнать.

М. ОСИПОВ.

# Кочжедо утравӗ ҫинче тыткӑнри ҫар ҫыннисен лагерӗсенче пулнӑ пӑлхав пирки

НЬЮ-ЙОРК, майӑн 14-мӗшӗ. (ТАСС). Кочжедо утравӗ (Кӑнтӑр Корея) ҫинчи Америкӑн 76-мӗш лагерӗнче, тыткӑнри ҫар ҫыннисене хупса усракан лагерьте ҫакӑн пек ӗҫ пулнӑ: Америка агрессорӗсем пите тискеррӗн хӗсӗрленӗ пирки тыткӑнри ҫар ҫыннисем хытӑ тарӑхса ситнӗ. Вӗсем вара майӑн 7-мӗшӗнче Америкӑн пӗр генералне—Додда тытса хупса лартнӑ. Ҫав генерал тыткӑнри ҫар ҫыннисене хӗсӗрленӗшӗн тӳрремӗнех ответ тытма тивӗҫлӗ.

Ассошиэйтед пресс агентствин Токиори корреспонденчӗ пӗлтернӗ тӑрӑх, Америкӑн агрессиллӗ хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсен командующийӗ Кларк ҫапла каланӑ: майӑн 10-мӗшӗнче тыткӑнри ҫар ҫыннисем хӑйсен требованийӗсене пурнӑҫласан ҫеҫ Додда ирӗке кӑларма пулнӑ. Тыткӑнри ҫар ҫыннисен требованийӗсем ҫапла: «пӗррӗмӗшӗ—Америка командованийӗн тыткӑнри ҫар ҫыннисене хытӑ хӗсӗрлеме, мӑшкӑласа тӑрӑхлама, асаплантарма халех чарӑнмалла, ирӗксӗрлесе ҫыннсене хӑйсен юнӗсемпе петицисем ҫыртарас, карцерсене хупас, винтовкӑсемпе тата пулеметсемпе перес, наркӑмӑшлӑ газсемпе тата бактериллӗ хӗҫпӑшалпа усӑ курас практикӑна, атомлӑ бомбӑсене сӑнаса пӑхма ҫынсене вӗлерсе пӗтерессине халех чарса лартмалла. Сирӗн тыткӑнри ҫар ҫыннисене тӗнчери ҫӗршывсем пӗр-пӗрин хушшинче йышӑннӑ килӗшӳ тӑрӑх ҫын правӗпе усӑ курма тата этеме пурӑнма май паракан шанчӑклӑ йӗрке тумалла, кун пирки шантарса сӑмах памалла. Иккӗмӗшӗ—Ҫурҫӗр Корея Халӑх ҫарӗн тата Китай халӑх добровольцӗсен ҫарӗн тыткӑнри ҫыннисене законсӑр тата тӗрӗс мар йӗркепе тыткӑнран хӑтарассине, ҫынсене «хӑйсем кӑмӑл тунӑ йӗрке» текенскерӗ тӑрӑх ирӗке кӑларса илсе кайма халех чарӑнмалла. Виҫҫӗмӗшӗ—ирӗксӗрлесе суйласа илессине халех чарса лартмалла. Ҫавӑн пек ирӗксӗрлесе суйласа илнине пула, Ҫурҫӗр Корея Халӑх ҫарӗн тата Китай халӑх добровольцӗсен ҫарӗн тыткӑнри темиҫе пин ҫыннине тепӗр хут алла пӑшал тыттарса вӑрҫа кӗртсе ярасҫӗ тата законсӑр йӗркепе ӗмӗрлӗхех чуралӑха кӗртсе ӳкерессӗ. Тӑваттӑмӗшӗ—Ҫурҫӗр Корея Халӑх ҫарӗпе Китай халӑх добровольцӗсен ҫарӗн тыткӑнри ҫар ҫыннисенчен уйӑрнӑ представительсен ушкӑнне (комиссине) халех законлӑ тесе йышӑнмалла, комиссипе сирӗн командовани пӗр-пӗринпе тачӑ ҫыхӑнса ӗҫлемелле йӗрке тумалла. Сирӗн командовани ҫӳлте асӑннӑ ыйтусене пире юрӑхлӑ татса пама килӗшни ҫинчен пӗлтерсе, хут ҫине ҫырса парсан, ҫав хута илсенех, тыткӑнри ҫар ҫыннисен представителӗсен ушкӑнӗ Америкӑн бригаднӑй генералне Додда сирӗн алла парать».

Ҫак требованисем ҫине Колсон генерал ҫакӑн пек ответ панӑ: «Сирӗн ҫырӑвӑн пӗррӗмӗш пунктне илсен, эпӗ Пӗрлешӳллӗ нацисен ҫарӗсем тыткӑнри ҫар ҫыннисен юнне тӑкни, тыткӑнри ҫар ҫыннисенчен нумайӑшне вӗлерни е амантнисем пулнине йышӑнатӑп. Эпӗ сире ҫапла шантарса калама пултаратӑп: малашне тыткӑнри ҫар ҫыннисем ҫав лагерьте тӗнчери ҫӗршывсем пӗр-пӗрин хушшинче йышӑннӑ право принципӗсемпе, ҫынсене хисеплес принципсемпе килӗшӳллӗ йӗрке пулассине шанса тӑма пултаратӑр. Малашне ирӗксӗрлени тата юн тӑкни ан пултӑр тесе, эпӗ хам вӑй ситнӗ таран пур ӗҫсене те тума тӑрӑшӑп. Ҫавӑн пек тытӑҫусем малашне те пулсан, вӗсемшӗн вара эпӗ ответ тытӑп».

Колсон виҫҫӗмӗшпе тӑваттӑмӗш требованисене те тивӗҫтерме килӗшнӗ. Колсон генерал ҫырӑвӗнче виҫҫӗмӗшпе тӑваттӑмӗш требованисем пирки ҫапла каланӑ: «Сирӗн ҫырури ирӗксӗрлесе суйласа илсе кайнӑ пирки калакан виҫҫӗмӗш пункта илес пулсан, эпӗ сире ҫакӑн ҫинчен пӗлтерме пултаратӑп: Додд генерала нимӗн суранламасӑрах, чӗреллех ирӗке кӑларса янӑ хыҫҫӑн, ҫав лагерьти тыткӑнри ҫар ҫыннисене ирӗксӗрлесе суйласа илсе е ытти кирек хӑш майпа тепӗр хут алла пӑшал тыттарни текех пулмасть. Малтанлӑха суйласа илес тӗлӗшпе те малашне нимӗн те тумастпӑр. Сирӗн тӑваттӑмӗш пункта илес пулсан, эпир Додд генерал каласса татӑлнӑ тата эпӗ сирӗплетнӗ йӗрке тӑрӑх Ҫурҫӗр Корея Халӑх ҫарӗн тата Китай халӑх добровольцӗсен ҫарӗн тыткӑнри ҫыннисенчен уйӑрнӑ представительсен ушкӑнне е комисси тунине ырлатпӑр».

Кларк ҫапла каланӑ: Колсон ответне илнӗ хыҫҫӑн, майӑн 10-мӗшӗнче тыткӑнри ҫынсем Додд генерала ирӗке кӑларнӑ.

Ассошиэйтед пресс агентствин корреспонденчӗ пӗлтернӗ тӑрӑх, Кларк генерал хӑйӗн заявленийӗнче Америка командованийӗ Колсон генерал панӑ обязательствӑсене пурнӑҫа кӗртес сукки ҫинчен систерсе каланӑ.

ЛОНДОН, майӑн 14-мӗшӗ. (ТАСС). Рейтер агентстви хӑйӗн Нью-Йоркри корреспондентӗнчен ҫакӑн пек хыпар илнӗ: Нью-Йоркри радио ӗнер пӗлтернӗ тӑрӑх, бригаднӑй генерала Колсона тыткӑнри ҫар ҫыннисен Кочжедо утравӗ ҫинчи лагерь коменданчӗ пулса ӗҫлессинчен хӑтарнӑ.

НЬЮ-ЙОРК, майӑн 14-мӗшӗ. (ТАСС). «Вашингтон пост» хаҫат редакци ҫырнӑ статьяра ҫапла калать: Колсон генерал пурнӑҫлама килӗшнӗ условисем Америка ҫар влаҫӗсем тыткӑнри ҫар ҫыннисене хӗсӗрленине йышӑнни пулса тӑрать.

Хаҫат малалла ҫапла калать: «ҫав ӑнӑҫсӑр ӗҫрен» хӑтӑлмалли пӗртен-пӗр ҫул вӑл, тет, Колсон пурнӑҫлама килӗшнӗ условисене сирсе яни пулать. «Америка ҫарӗн генералӗ ҫӑннипе вара Кочжедо утравӗ ҫинче тыткӑнри ҫар ҫыннисене хӗсӗрлес йӗрке пулнине йышӑнчӗ, ҫавна хӑй ҫирӗплетсе каларӗ; вӑл ҫынсене «хӑйсем кӑмӑл тунӑ тӑрӑх» тыткӑнран хӑтарассине чарса лартма сӑмах пачӗ, ҫакӑн пек каласа тыткӑнри ҫар ҫыннисене тепӗр хут хӗҫпӑшаллантарни ҫинчен систерчӗ».

США оборона министерствин пур фактсене те халех йӗрлесе тӗпчемелли тата вӗсем ҫинчен ӑнлантарса памалли ҫинчен каласа, «Вашингтон пост» хаҫат юлашкинчен: «Анчах темле ӑнлантарса панипе те сӑмахпа каланӑ ҫӗрте тӳснӗ поражение, Пӗрлешнӗ нацисем вӑрҫӑ хирӗнче тӳснӗ кирек мӗнле поражени пекех, халӗ тӳрлетме май килмест пек туйӑнать», тесе ҫырать.

# Корейӑри ӗҫсем

## ХАЛӐХ ҪАРӖН ГЛАВНАЙ КОМАНДОВАНИЙӖ ПӖЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майӑн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх ҫарӗн главнӑй командованийӗ майӑн 15-мӗшӗнче ҫапла пӗлтернӗ:

Паян Корея Халӑх ҫарӗн соединенийӗсем Китай халӑх добровольцӗсен чаҫӗсемпе пӗрле пур фронтсенче те тӑшман ҫарӗсен атакисене ӑнӑҫлӑ сирсе-сирсе янӑ.

Хӗвеланӑҫӗнчи фронтра, Поньчхоньрен хӗвеланӑҫнерхи вырӑнта тӑшман темиҫе хутчен те Халӑх ҫарӗн позицийӗсем ҫине тапӑнса атакӑсем туса хӑтланнӑ. Анчах Халӑх ҫарӗн чаҫӗсем тупӑсемпе вӑйлӑ перинине пула, тӑшманӑн ирӗксӗрех каялла чакмалла пулнӑ, ҫапӑҫу вырӑнӗнче тӑшманӑн салтакӗсем 90 ҫын ытла вилнӗ.

Вӑтаҫӗрти тата хӗвелтухӑҫӗнчи фронтсенче те тӑшман атакисене пурне те ӑнӑҫлӑ сирсе-сирсе янӑ, тӑшмана пысӑк сиен кӳнӗ.

Паян Халӑх ҫарӗн зенитнӑй чаҫӗсем тата самолетсене хирӗҫ ҫапӑҫакан салтакӗсем тӑшманӑн 9 самолетне персе ӳкернӗ.

## АМЕРИКА САМОЛЕЧӖСЕМ КЭСОН ТАВРАШӖНЧИ ҪАРСЕМ ПЫРСА КӖМЕ ЮРАМАН ВЫРӐНТИ ЙӖРКЕНЕ ҪӖНӖРЕН ПАСНӐ

ПЕКИН, майӑн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчӗ ӗнер Кэсонран ҫакӑн ҫинчен пӗлтернӗ:

Паян, 11 сехет те 30 минутра, Корейӑпа Китай делегацийӗн ҫыхӑну офицерӗ Цай Чжэн-вэнь полковник Америка делегацийӗн главнӑй ҫыхӑну офицерне Кинни полковника Америка ҫар самолечӗсем Кэсон таврашӗнчи вырӑна ҫарсем кӗме юраманни ҫинчен тунӑ килӗшӗве пасни ҫинчен, ирхине 2 сехет те 40 минутран пуҫласа 3 сехет те 35 минутчен Кэсонри ҫарсем кӗме юраман вырӑн тӗлӗнче вӗҫсе ҫӳрени, пулеметсемпе пени тата вырӑна ҫутатакан ракетӑсем нумай пӑрахни ҫинчен пӗлтернӗ. Вӑл Кинни полковникран ҫав ӗҫе халех вырӑнта йӗрлесе тӗпчеме ыйтнӑ.

## *Алжирта полици демонстрантсен юнне тӑкнӑ*

ПАРИЖ, майӑн 15-мӗшӗ. (ТАСС). «Юманите» хаҫат ҫакӑн ҫинчен пӗлтерет: майӑн 14-мӗшӗнче Орлеансвиль хулинчи (Алжир) халӑх Алжирти «Демократиллӗ ирӗклӗхсен ҫӗнтерӗвӗшӗн кӗрешекенсен» партийӗн председательне Мессали Хаджана чаплӑ кӗтсе илнӗ. Ӑна апрель уйӑхӗнче Франции Алжирти генерал-губернаторӗн приказӗ тӑрӑх Константина департаментӗнчен кӑларса янӑ пулнӑ, вӑл ҫав кун каялла таврӑннӑ. Франци влаҫӗсем хӗсӗрлекен Хаджана саламласа кӗтсе илме хула урамне темиҫе пин ҫын тухнӑ. Полици демонстрантсене пӑшалсемпе персе хӑваласа янӑ, ҫавӑн чухне икӗ ҫынна вӗлернӗ, нумай ҫынсене амантнӑ. Франции Алжирти генерал-губернаторӗ приказ панӑ тӑрӑх, Мессали Хаджана ҫӗнӗрен арестленӗ, самолет ҫине лартса паллӑ мар вырӑна илсе кайнӑ, ӑна Алжир территорийӗнче пурӑнма чарнӑ.

Франции колонири влаҫӗсен ҫак ҫӗнӗ преступленийӗ Алжирти ӗҫҫыннисене питӗ хытӑ тарӑхтарнӑ. Ҫавӑн пек преступлениллӗ ӗҫ тунине хирӗҫ хӑйсем протестлени ҫинчен Алжирти коммунистсен партийӗ, «Ирӗклӗхсене хӳтӗлессишӗн тата хисеплессишӗн кӗрешекенсен Алжирти фрончӗ» тата ытти чылай организацисем пӗлтернӗ.

## Англирен Америка авиацийӗн бази туса хураҫҫӗ

ЛОНДОН, майӑн 15-мӗшӗ. (ТАСС). «Дейли уоркер» хаҫат ҫапла ҫырать: «США иртнӗ вӑрҫӑ вӑхӑтӗнче Англире мӗн чухлӗ самолет тытса усранӑ, 1952 ҫул вӗҫленнӗ тӗле Англири авиаци базисенче Америка самолечӗсене ҫавӑн чухлех вырнаҫтарма палӑртнӑ. Ҫапла вара, Америка сывлӑш-ҫарӗн вӑйӗсем Англире иртнӗ вӑрҫӑ вӑхӑтӗнчи чухлӗ самолет вырнаҫтармалӑх базӑсем йышӑнаҫҫӗ. Англи правительстви Вашингтонран Америка сывлӑш-ҫарӗн вӑйӗсен ҫӗнӗ чаҫӗсене, пӗррӗмӗш лини самолечӗсене Англире вырнаҫтарма халех хатӗрлеме инструкци илнӗ. Ҫак эрнере Вашингтонра Англине Америка авиацийӗн 49-мӗш дивизине ярасси ҫинчен пӗлтернӗ, ҫак дивизи Англине ҫӗнӗрен илсе пыракан ҫар ҫыннисен 75 проценчӗ шутланать. Ҫав дивизине Виргини штатӗнчен Англине куҫарасси ҫинчен пӗлтерсе, Пӗрлешӳллӗ Штатсен авиаци министрӗ Томас Фиалеттер ҫапла каланӑ: ку дивизи пырса ҫитнӗ хыҫҫӑн Европӑра Америка авиацийӗн 12 бригада пулать, тенӗ.

Англине хытӑрах хӗсес шутпа тата Англири ҫӗнӗ базӑсене тата ку таранчен тунӑ базӑсене тӗпчесе вӗренме ҫитес эрнере США авиацийӗн пысӑк ӗҫри 5 генералӗ Вашингтонран Англине самолетпа пырса ҫитмелле. Генералсен ҫав ушкӑнне США сывлӑш-ҫар вӑйӗсен штабӗ начальникӗн помощникӗ Кэртис Лимэй генерал-лейтенант ертсе пырать. Вӑл Америкӑн «бомбӑсем пӑрахакан авиацин стратеги ыйтӑвӗсене» ӑста пӗлекен специалист шутланать.

Кунта ҫапла шутлаҫҫӗ: кӑҫалхи ҫул вӗҫленнӗ тӗле Америка сывлӑш-ҫарӗн вӑйӗсем сахалтан та 38 база йышӑнмалла, вӗсенче пӗррӗмӗш линин 1.200 самолетне вырнаҫтарма пулать, Пӗрлешӳллӗ Штатсем шутланӑ тӑрӑх, пур базӑсене те хатӗрлесе ҫитерсен, вӗсенче США бомбардировщикӗсене иртнӗ вӑрҫӑ вӑхӑтӗнчи чухлех вырнаҫтарма май килет. Авиаци специалисчӗсем каланӑ тӑрӑх, 1952 ҫулта сывлӑш-ҫарӗн вӑйӗсене пысӑклатни вӑл ӑнсӑртран тунӑ ӗҫ мар, вӑл нумай вӑхӑтлӑха тунӑ плансене пурнӑҫласа ҫитерни пулса тӑрать».

# Симфониллӗ оркестр ҫирӗм ҫул тултарчӗ

1932 ҫулхи майӑн 17-мӗшӗнче Шупашкарти музыка техникумӗнче (халӗ училище) симфониллӗ оркестрӑн пирвайхи концерчӗ пулнӑ. Оркестра техникумра вӗрентекенсемпе вӗренекенсем вылянӑ.

Оркестр ӳссе пынӑ май, 1936 ҫулта Чӑвашсен государство филармонине организациленӗ, унта оркестрпа пӗрле Чӑвашсен государство хорӗ (халӗ Чӑвашсен юрӑпа ташӑ ансамблӗ) кӗнӗ.

Симфониллӗ оркестр республика столицинче районсенче концертсем нумай иртгернӗ. Кунсӑр пуҫне оркестр Горькипе Челябинск хулисенче те концертсем панӑ.

Симфониллӗ оркестр чӑваш композиторӗсене симфониллӗ музыка ҫырас ӗҫре пысӑк пулӑшу парать. Чӑваш АССР-ӗн искусствисен тава тивӗҫлӗ деятелӗ В. М. Кривоносов композитор чӑваш халӑх кӗвисем майлӑ чылай симфониллӗ произведенисем ҫырнӑ, чи малтанхи хут «Хӑвасләх» ятлӑ музыкӑллӑ комеди ҫырнӑ. Вӑхӑтсӑр вилнӗ талантлӑ композитор Геннадий Воробьев ҫырнӑ симфониллӗ произведенисем хальхи вӑхӑтра та чи лайӑх произведенисенчен пӗри пулса тӑрать. Ф. П. Павлов композитор ҫырнӑ симфониллӗ произведени («Сӑрнайпа палнай»)—чӑваш музыкин классикӑллӑ произведенийӗ пулса тӑрать.

Чӑваш музыкине пропагандӑланипе пӗрлех оркестр вырӑссен классикӑллӑ музыкине урӑх ҫӗршывсенчи музыка произведенийӗсене тата совет композиторӗсен произведенийӗсене пропагандӑлас тӗлӗшпе те тӑрӑшса ӗҫлет.

Аслӑ Отечественнӑй вӑрҫӑ пуҫлансан, оркестрти хӑшпӗр ертсе пыракан исполнителӗсем фронта туха кайнӑ май, оркестр вӑхӑтлӑха ӗҫлеме чарӑннӑ пулнӑ. 1942 ҫулӑн малтанхи ҫур ҫулӗнче вара оркестр пӗчӗкрех составпа каллех ӗҫлеме тытӑннӑ. Ку вӑхӑтра вӑл Чӑвашсен государство академи театрӗпе ӗҫленӗ. Оркестр уйрӑмӑнах «Нарспи», «Ялта» тата «Айдар» спектаклӗсен музыкине йӗркелес тӗлӗшпе нумай ӗҫленӗ. Оркестр творчество тӗлӗшӗнчен те, исполнительсен хисепӗ енӗпе те ӳссе пынӑ. Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ ҫумӗнчи искусство ӗҫӗсен управленийӗн приказӗ тӑрӑх 1946 ҫулта оркестра Чӑвашсен государство филармонине куҫарнӑ.

Симфониллӗ оркестр республикӑри район центрӗсенче, малта пыракан предприятисемпе колхозсенче тата радио тӑрӑх час-часах концертсем парать, чӑваш халӑхне симфониллӗ музыка произведенийӗсемпе паллаштарать. Чӑваш композиторӗсен чылай произведенийӗсене оркестр выляса панипе пластинка ҫине ҫырса илнӗ. Ҫав пластинкӑсене халӗ Мускав радиостанцийӗсем тӑрӑх та итлеме пулать.

ВКП(б) Центральнӑй Комитечӗ Мураделин «Великая дружба» опери ҫинчен йышӑннӑ историллӗ решени оркестрӑн творчествӑлла ӗҫӗнче тӗп вырӑнта тӑрать. Оркестр хӑйӗн репертуарне тӗпренех ҫӗнетнӗ. Юрӑпа ташӑ ансамблӗпе тата филармонин солисчӗсемпе пӗрле оркестр музыка классикӗсен — Глинка, Даргомыжский, Чайковский, Бетховен произведенийӗсемпе паллаштарас тӗлӗшпе концерт-лекцисем иртгернӗ. Ҫавӑн пекех чӑваш композиторӗсен—Ф. П. Павлов, В. П. Воробьев, Г. Воробьев, Сталина премин лауреачӗ Ф. М. Лукин, ҫавӑн пекех Лебедев, Хирбю, Токарев композиторсен творчествипе паллаштарас тӗлӗшпе концертсем иртгернӗ. Кунсӑр пуҫне оркестр вырӑссен паллӑ писателӗ Гоголь вилнӗренпе 100 ҫул ҫитнӗ тата Итали халӑхӗн паллӑ ученӑйӗ Леонардо да Винчи ҫуралнӑренпе 500 ҫул тултарнӑ ятпа пулнӑ чаплӑ ларусем хыҫҫӑн концертсем панӑ.

Оркестрта ӗҫлекенсенчен нумайӑшӗ Шупашкарти музыка училищинчен вӗренсе тухнӑ чӑваш музыкантӗсем. Вӗсенчен хӑшпӗрисем (Иван Филиппов, Кирилл Пустинов т. ыт. те) оркестра организациленӗренпе ӗҫлессӗ. Оркестра талантлӑ исполнительсем — инструментсем ҫинче выляракансем ӳсе ҫитӗнчӗҫ, вӗсен хушшинче—Чӑваш АССР тава тивӗҫлӗ артисчӗ Петр Филиппов солист-виолончелист, Алексей Иванов солист-трубач, сӗрме купӑспа вылякан Анатолий Лунин. Михаил Поповпа Валентин Крылов концертмейстерсем те оркестра чылайранпа ӗҫлессӗ. Вӗсем пысӑк квалификациллӗ специалистсем пулса тӑрасҫӗ, оркестра ӗҫленӗ вӑхӑтрах музыка училищинче ҫамрӑк музыкантсене вӗрентсе хатӗрлессӗ. Чӑвашсен государство филармонийӗн солисчӗсем—Чӑваш АССР тава тивӗҫлӗ артистки Елизавета Пикулина, Иван Калентьев тата Тамара Патрикеева оркестрпа пӗрле концертсенче активлӑн хутшӑнаҫҫӗ.

Юлашки ҫулсенче чӑваш композиторӗсем кантатӑпа оратори жанрлӑ паха пысӑк произведенисем чылай ҫырчӗҫ. Чӑваш совет музыкине малалла аталантарса, пуянлатса пырас ӗҫре Чӑвашсен государство симфониллӗ оркестрӗ пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать.

Партипе совет органӗсем куллен ертсе, пулӑшса пынипе Чӑвашсен государство симфониллӗ оркестр коллективӗ хӑй умне тӑракан творчествӑллӑ пысӑк задачӑсене малашне те ӑнӑҫлӑн пурнӑҫласа пырӗ, ӗҫҫыннисене коммунизмла воспитани парас ӗҫе музыкӑллӑ искусство вӑйӗпе активлӑн хутшӑнӗ.

**В. ХОДЯШЕВ,**
Чӑваш АССР искусствисен тава тивӗҫлӗ деятелӗ, симфониллӗ оркестрӑн художествӑллӑ руководителӗ.

# Ҫамрӑксене сӑрт-ту промышленность шкулӗсене вӗренме илеҫҫӗ

1952 ҫулхи майӑн 1-мӗшӗпе июнӗн 5-мӗшӗ хушшинче пирӗн республикӑра Молотов облаҫӗнчи сӑрт-ту промышленноҫӗн шкулӗсенче вӗренме 16—17 ҫула ҫитнӗ ҫамрӑксене илеҫҫӗ.

Шкулсенче 10 тата 6 уйӑх хушши вӗренмелле.

Сӑрт-ту промышленность шкулӗсен воспитанникӗсене государство шучӗпе вӗрентеҫҫӗ, вӗсем кӗске вӑхӑт хушшинче платник, каменщик, штукатур, маляр, арматурщик тата бетонщик специальноҫӗсене илеҫҫӗ.

Промышленность шкулӗсем лайӑх ҫуртсенче вырнаҫнӑ. Унта вӗренӳре усӑ курмалли кабинетсемпе производство базисем чылай.

Ҫак шкулсенче вӗренекенсене тӳлевсӗр хваттер параҫҫӗ, кунне виҫӗ хутчен апат ҫитереҫҫӗ, кӗпе-тумтир тата вӗренӳре усӑ курма кӗнекесем тӳлевсӗр параҫҫӗ. Вӗренекенсене практикӑллӑ занятисенче тунӑ продукцисемшӗн ӗҫ укҫи тӳлеҫҫӗ.

Шкулсенчен вӗренсе тухнӑ ҫамрӑк рабочисене хӑйсен специальноҫӗпе ӗҫлеме предприятисене яраҫҫӗ, ҫавӑн пекех пурӑнмалли общежити параҫҫӗ.

Ҫамрӑксем! Молотов облаҫӗнчи сӑрт-ту промышленность шкулӗсене вӗренме кӗрӗр.

# Колхозсенчи пулӑшу кассисем

ОКТЯРЬСКИ. Районти колхозсенче иртнӗ ҫулсенче пулӑшу кассисем вӑйланса тата хӑйсен ӗҫӗсене лайӑхлатса пычӗҫ. Уйрӑмах Молотов ячӗпе тӑракан колхозри пулӑшу касси кӑтартуллӑ ӗҫлет. Унӑн председателӗ А. Маслов юлташ ӗҫе устав тӑрӑх туса пырать. Колхоз членӗсем пурте пекех пулӑшу кассин членне кӗнӗ. Касса аллинче 70 центнер тырпул, пилӗк пин тенкӗ ытла укҫа-тенкӗ шутланать. Артель правленийӗ кассӑна лайӑх пулӑшать. Вӑл, артель членӗсен пухӑвӗ йышӑннӑ тӑрӑх, иртнӗ ҫулта 58 центнер тырӑ уйӑрнӑ.

Пулӑшу касси нумай колхоз членӗсене вӑхӑтлӑха, ҫавӑн пекех каялла тавӑрса памалла мар тырӑ тата укҫа-тенкӗ чылай панӑ. Акӑ, Н. Мотнов, З. Пахомова, О. Козлова, А. Анисимова юлташсем кассӑран кирлӗ(?) туя пысӑк пулӑшу илнӗ. Ҫавӑн пекех Аслӑ Отечественнӑй вӑрҫӑра вилнӗ ҫынсен ҫемйисене, инвалидсене пулӑшаҫҫӗ.

Колхозри пулӑшу касси вӑйӗпе 5 тӑлӑх ачана пӑхса ӳстереҫҫӗ. Вӗсемшӗн уйрӑмах тӑрӑшаҫҫӗ.

Ҫавӑн пек тӗслӗхсем ытти колхозсенче те пур. Пулӑшу кассисен ӗҫӗсене «Культура», «Волгарь» «Звезда» тата «Красный Октябрь» ялхуҫалӑх артелӗсенче те лайӑх йӗркеленӗ.

**Ю. ЧЕРНЫШЕВ.**

# Мирпе демократишӗн!

## Америкӑри рабочи партие туса хунӑранпа 16 ҫул тултарнӑ ятпа Нью-Йоркра пулнӑ митинг

НЬЮ-ЙОРК, майӑн 14-мӗшӗ. (ТАСС). Майӑн 13-мӗшӗнче, каҫхине Мэдисон сквер-гарденра пысӑк митинг пулнӑ. Ӑна Америкӑри рабочи партие, Нью-Йорк штатӗнчи прогрессивнӑй партин уйрӑмӗ пулса тӑраканскерне, организациленӗренпе 16 ҫул тултарнӑ ятпа иртгернӗ. Митинга 16 пин ҫын пухӑннӑ. Вӑл миршӗн, демократишӗн тата социальнӑй обеспечени йӗрки тӑвассишӗн кӗрешмелли программӑна, ҫитес вӑхӑтра президент суйланӑ чухне США-ри прогрессивнӑй парти хӑйӗн платформи вырӑнне кӑларса тӑратакан программӑна, пурнӑҫлама чӗнекен лозунгсемпе иртнӗ.

Митингра тухса каланӑ пур ораторсем те прогрессивнӑй партин программи ҫинчен ӑнлантарнӑ. Унта прогрессивнӑй партирен вице-президент пулмашкӑн суйлама кандидата тӑратнӑ Шарлотта Басс, прогрессивнӑй партирен президент пулмашкӑн суйлама тӑратнӑ кандидатӑн Винсент Холлинанӑн арӑмӗ—Вивиан Холлинан сӑмах тухса каланӑ. Винсент Холлинан хӑй халӗ тӗрмере ларать. Ӑна портсенчи грузчиксемпе складсенчи рабочисен профсоюзӗн председательне Гарри Бриджеса судра хытӑ хӳтӗленӗ вӑхӑтра суда «хисепламеншӗн» тесе айӑпласа тӗрмене хупмалла тунӑ. Митингра тата Америкӑри рабочи партин ертсе пыракан комитечӗн председателӗ, ӗлӗк конгресс членӗ пулнӑ Маркантонио, негрсен прогрессивнӑй паллӑ деятелӗ Дюбуа доктор тата ыттисем те сӑмах тухса каланӑ.

Шарлотта Басс хӑйӗн сӑмахӗнче ҫапла каланӑ: «Эпӗ халӗ ҫеҫ Калифорни штатӗнчен таврӑнтӑм. Унта эпӗ Калифорнири прогрессивнӑй шухӑшлӑ пиншер ҫынсем прогрессивнӑй партин ҫырӑвне вуланине итлеме пӗр ҫӗре пухӑннине куртӑм. Вӗсем те, сирӗн пекех, организациленсе кӗрешме, пӗтӗм ҫӗршывра хӗсӗрлес тата терророла ӗҫсем тӑвас йӗркене сирпӗтсе антарассишӗн, ҫав йывӑрлӑха сирсе пӑрахассишӗн, сӑмахран, негр халӑхне тата ытти хӑшпӗр вак халӑхсене хӗсӗрлес йӗркене пӗтерессишӗн кӗрешме хатӗр.

Трумэн правительстви мирлӗ пурнӑҫ тума, гражданла правӑсене пама, Тафтпа Хартлин рабочисене хирӗҫле законне пӑрахӑҫлама тата халӑх пурнӑҫӗн шайне ҫаплипех хӑварма сӑмах пачӗ пулсан, вӑл хӑйӗн сӑмахне пурнӑҫламарӗ, тенӗ Шарлотта Басс. Малалла вӑл ҫапла каланӑ: «Политикӑллӑ кивӗ икӗ партин (демократсен партийӗпе республиканецсен партийӗ) пуҫлӑхӗсем 1952 ҫулта халӑх умӗнче хӑйсен ӗлӗкхи сӑмахӗсенех тепӗр хут калама хӑяймаҫҫӗ, ҫавӑнпа вӗсем хӑйсен чӑн-чӑн шухӑшӗсене пытарма ҫӗнӗ сӑлтав шыраҫҫӗ. Капиталистсен икӗ партийӗ те вӑрҫӑ вӑрҫас политика тытса пыраҫҫӗ. Вӗсем пирӗн ҫӗршывӑн пуянлӑхӗсене вӑрҫӑ вӑрҫса тата вӑрҫа хатӗрленсе пӗтереҫҫӗ, ҫав вӑхӑтрах вӗсем ҫӗршыв пуянлӑхӗсемпе пирӗн халӑх пурнӑҫне лайӑхлатма усӑ курасшӑн мар. Вӗсем Миссурипе Небраска штачӗсенче шыв тулнипе пулакан инкексене хирӗҫ кӗрешме укҫа пама килӗшмеҫҫӗ, Германипе Индокитая танксемпе самолетсем ярса тӑма укҫа параҫҫӗ. Гарлемра негрсем кашни ҫуртрах питӗ йышлӑн, тӑвӑррӑн пурӑнаҫҫӗ пулин те, асӑннӑ партисен пуҫлӑхӗсем пурӑнмалли ҫурт-йӗрсем лартас ӗҫе чакараҫҫӗ, ҫав вӑхӑтрах хӗҫпӑшал нумайрах туса кӑларассине вӑйлатса пыраҫҫӗ.

Вӗсем ҫӗршывра ирӗклӗхпе пӗртанлӑх йӗрки туса хума чараҫҫӗ. Вӗсем ҫынсене хытӑрах та хытӑрах хӗсӗрлеҫҫӗ. Негрсен конституци ҫине ҫырса хунӑ прависене хӳтӗлессишӗн кӗрешекенсене, Мур целкисене, вӗсем вӗлерме ирӗк параҫҫӗ. Вӗсем чаплӑ юрӑҫӑн Поль Робсонӑн сассине хупласа лартма хӑтланаҫҫӗ, ӑна паспорт памаҫҫӗ, ытти ҫӗршывсенче концертсем иртгерме чараҫҫӗ. Дюбуа доктор мира сыхласа хӑварассишӗн кӗрешет, ҫавӑнпа вӗсем ӑна тӗрмене хупма хӑтланаҫҫӗ. Мира сыхласа хӑварассишӗн тӑрӑшса сӑмах калама хӑякан паллӑ ученӑйсемпе писательсене вӗсем ют ҫӗршывсене кайса ҫӳреме чараҫҫӗ.

Вӗсем халӑхсене тӑлласа лартма ҫӗнӗ сӑнчӑрсем хатӗрлеҫҫӗ, ирӗклӗхе концентрационнӑй лагере хупса лартасшӑн. Конгресра кам ларнине пӑхӑр-ха, эсир унта кама куратӑр? Эсир унта корпорацисен (капиталистсен пӗрлешӗвӗсен) представителӗсемпе корпорацисен адвокачӗсене, кивӗ икӗ партин представителӗсем пулса тӑраканскерсене, куратӑр. Вӗсем аш-какайпа сӗт-ҫу монополийӗсен представителӗсем, нефтьпе газ компанийӗсен представителӗсем пулса тӑраҫҫӗ, вӗсем тавар туянакан халӑхӑн представителӗсем мар.

Унтан Холлинэн госпожа сӑмах илнӗ. Вӑл ҫапла каланӑ:

«Эпӗ манӑн ачамсене мӗншӗн вилме чӗннине пӗлесшӗн, эпӗ концернсен юристконсультанчӗсем каланисене ӗненместӗп, вӗсене ҫав концернсен интересӗсене хӳтӗлемешкӗн сенаторсем пулма уйӑрса лартнӑ... Пурнӑҫа пама тивӗҫлӗ тӗллевсем пур пулӗ, анчах «Стандард ойл» компанийӗн Саудовски Аравири интересӗсемшӗн пурнӑҫа пама чӗннипе килӗшме ҫук». Холлинен хӑйӗн сӑмахӗнче Пӗрлешӳллӗ Штатсем Корейӑри хӗрарӑмсемпе ачасене вӗлерсе пӗтерме вут тивертекен бомбӑсемпе тата бактериллӗ хӗҫпӑшалпа усӑ курнине сивленӗ.

Митингра унтан Маркантонио сӑмах илнӗ. Вӑл ҫапла каланӑ: «Хӗҫпӑшал хатӗрлени ҫынсен пӗчӗк ушкӑнӗсем услам илессине, пӗтӗм тӗнчери халӑхӑн анлӑ массисем ҫуклӑха тӑрса юлассине, инкек курассине тата вилессине пӗлтерет... Америкӑна хӳтӗлемелли чи лайӑх май вӑл мир ыйтӑвӗсене Совет Союзӗн, Китай Халӑх Республикин тата Франции представителӗсемпе пӗрле, пӗр тан правӑллӑ йӗркепе, конференцире ҫавра сӗтел хушшине ларса татса пани пулӗччӗ. Америкӑна хӳтӗлемелли чи лайӑх май вӑл пур ҫӗршывсем те хӗҫпӑшалсӑрланни пулӗччӗ».

Маркантонио прогрессивнӑй парти членӗсене «миршӗн, ирӗклӗхшӗн тата пӗртанлӑхшӑн кӗрешмелле контрнаступление пуҫарма» чӗннӗ.

Маркантонио хыҫҫӑн Дюбуа профессор сӑмах тухса каланӑ. Вӑл монополистсем халӑхран чӑн-чӑн хыпарсене пытарса тӑнине палӑртнӑ. «Пӗрлешӳллӗ Штатсенче эпир хамӑр ирӗклӗхпе мухтанатпӑр, ҫав вӑхӑтрах эпир хамӑрӑн суйлав бюллетенӗсене те ещӗке (урнӑна) ирӗклӗн яма пултараймастпӑр».

Кивӗ икӗ парти хушшинче тата вӗсем суйлавра тӑратакан кандидатсем хушшинче нимӗнле уйрӑмлӑх та ҫуккине халӗ ӗнтӗ пурте ӑнланаҫҫӗ, тенӗ Дюбуа. «Вӗсем пурте хӑйсен хуҫисен — хурҫӑ тресчӗсен, алюмини тресчӗсен, автомобиль фирмисен хуҫисен, нефть, энергетика, чугун ҫул, табак, пӑхӑр, хими компанийӗсен, телеграфпа телефон компанийӗсен, кока-кола хатӗрлекен, спиртлӑ ӗҫмеллисем туса кӑларакан компанисен, радиопа кино компанийӗсен—пӗтӗмпе 200 ытла питӗ пуян корпорацисен хуҫисем хушнисене пурнӑҫласа пыраҫҫӗ. Ҫав корпорацисем хаҫатсемпе журналсен хуҫисем пулса тӑраҫҫӗ. Вӗсем информаци агентствисен мӗнле хыпарсене сармаллине, издательсен мӗнле сӑмахсене, кам тухса каланисене пичетлемеллине, экрансем ҫинче мӗнле кинокартинӑсем кӑтартмаллине палӑртса параҫҫӗ. Вӗсем конгресран ҫӳлерехри вырӑнти пӗрлешӳре тӑраҫҫӗ, ку пӗрлешӗвӗн аслӑ палати — вӑл «промышленниксен напиллӗ ассоциацийӗ», кӗҫӗн палати—США-н суту-илӳ палати пулса тӑрать. Конгресран та ҫӳлте тӑракан ҫав пӗрлешӳ пӗтӗм тӗнчере пуҫ пулса тӑма тата ӗҫлекен ҫынна чура туса хума кӑна мар, ӑна ухмахлатса яма тӑрӑшса тӗнче вӑрҫине хатӗрлет».

Дюбуа кашни ҫуртра тата кашни кварталта прогрессивнӑй парти организацийӗсене тума чӗннӗ... «Эпир мир тӑвасшӑн тӑрӑшсан, мирлӗ пурнӑҫпа пурӑнма пултаратпӑр», тенӗ вӑл юлашкинчен.

Прогрессивнӑй партин нацилле комитечӗн секретарӗ Болдуин ҫапла каланӑ: прогрессивнӑй парти Нью-Йоркра, Калифорнире, Коннектикутра, Монтанра, Миссурире, Нью-Джерсире, Пенсильванире тата Мичиганра суйлавра хӑйӗн кандидачӗсене тӑратма право илнӗ ӗнтӗ. Ку вӑл пуҫламӑшӗ кӑна. Прогрессивнӑй парти хӑйӗн кандидачӗсем ячӗсене мӗнпур 48 штатра, уйрӑмах Иллинойсра (ӗлӗк законсӑр йӗркепе партие хӑйӗн кандидачӗсене тӑратас правасӑр хӑварнӑ ҫӗрте), кандидатсен списокӗсене кӗртмелле тӑвассишӗн тимлӗн кӗрешме хатӗр, тенӗ вӑл.

# ПӖЛТЕРНИ

Паян, майӑн 17-мӗшӗнче, каҫхине 8 сехетре, ВКП(б) Шупашкар хула комитечӗн парткабинетӗнче парти историне «ВКП(б) историйӗн кӗске курсӗ» тӑрӑх тата марксизм-ленинизм классикӗсен произведенийӗсемпе усӑ курса вӗренмелли кружоксен (пӗррӗмӗш тата иккӗмӗш ҫул ӗҫлекенниисен) руководителӗсен семинарӗсем пулаҫҫӗ. Семинарсенче итоглӑ занятисене иртгерме хатӗрленесси тата иртгересси ҫинчен сӳтсе явмалла.

Семинарсен руководителӗсем П. М. Михайлов тата А. И. Воробьев юлташсем.

ВКП(б) ХУЛА КОМИТЕЧӖН ПАРТКАБИНЕЧӖ.

Редакторӗ В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: ответлӑ редактор—0-67, ответлӑ редактор заместителӗ—3-99, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—5-74, парти пурнӑҫ пайӗ—4-17, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, пропаганда пайӗ—8-61, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 01096 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.